Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

1953 çул Октябрь 2 эрнекун № 192 (9101)

36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

Совет Союзĕн Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

**„Çак Постановленире кăтартнă задачăсене ăнăçлă пурнăçласси, совет тата ялхуçалăх органĕсем, колхозсем, МТС-сем тата совхозсем çĕрулмипе пахча çимĕç ытларах туса илес енĕпе партин ялти организацийĕсен организаторла ĕçĕсене вăйлатасси парти обкомĕсен, крайкомĕсен, союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсен чи кирлĕ задачи пулать, тесе шутлас".**

*СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ йышăннă Постановленирен.*

*СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитетĕнче*

## 1953—1955 çулсенче колхозсемпе совхозсенче çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илессине ӳстермелли мерăсем тата вĕсене хатĕрлесси çинчен

СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ çакна палăртассĕ: халăха, уйрăмах пысăк хуласемпе промышленность центрĕсенче пурăнакан халăха, çавăн пекех тата продуктсем туса кăларакан промышленноçа çĕрулмипе пахча çимĕçсем кирли нумай ӳснĕ, анчах çĕршывра вĕсене туса илесси кирлинчен питех те кая юлнă. Нумай облаçсенче, крайсенче тата республикăсенче çĕрулмипе пахча çимĕçсем акнă çĕр лаптăкĕ вăрçă умĕнхи хисепе çитмен, вĕсен тухăçлăхĕ питĕ пĕчĕккĕ, нумай колхозсем обязательнăй поставка йĕркипе государствăна çĕрулмипе пахча çимĕçсем парассине пурнăçламаççĕ, çак отраслĕсенчен укçан тупăш сахал илеççĕ, колхозниксене ĕçкунĕсем тăрăх укçа тата натурăпа та сахал валеççе параççĕ.

Çĕрулмипе пахча çимĕçсем хатĕрлемелли хальхи хаксем çав культурăсене акса тума колхозниксене пурлăх енĕпе кирлĕ пек интереслентермеççĕ, çавна пула колхозсенче çĕрулмипе пахча çимĕçсем акса тăвасси çине çителĕклĕ çаврăнса пăхмаççĕ тата çак культурăсене акса тумалли агротехника калама çук кая юлнă. Çĕрулмине çуркунне сухаланă, удобренисемпе çемçетмен çĕр çине, питĕ кая юлса, сортсăр вăрлăхпа, вăрлăхне нормăран сахал кĕртсе лартни те час-часах пулать. Çĕрулмин рет хушшисене кăпкалатассине япăх тăваççĕ тата вăхăтра тумаççĕ. Чылай облаçсенче, крайсенче тата республикăсенче çĕрулми вăрлăхĕ, уйрăмах ир ӳссе çитĕнекен сортлă çĕрулми вăрлăхĕ туса хатĕрлессине япăх организациленĕ, çавна пула нумай колхозсем хăйсем валли лартма сортлă çĕрулми туса хатĕрлемеççĕ. Парник-теплица хуçалăхĕ нумай облаçсенче, крайсенче тата республикăсенче япăхса кайнă. Ир ӳссе çитĕнекен пахча çимĕçсем пысăк хуласенчи рынoксенче те сахал пулаççĕ, вĕсен ассортименчĕ пĕчĕк пулать. Купăстапа помидор калчине сахал ӳстереççĕ, çавна пула çак культурăсене лартмалли плана кашни çулленех тултармаççĕ. Пахча çимĕçсене пăхса ӳстернĕ чухнехи ĕçсене—рет хушшисене кăпкалатассине, купалассине, çумлассине, шăварассине тата апат парассине вăхăтра тумаççĕ тата çителĕксĕр тăваççĕ. Çак çитменлĕхсем çĕрулмипе пахча çимĕçсен тухăçлăхĕ пĕчĕк пулнин тĕп сăлтавĕ пулса тăраççĕ, кая юлса тата япăх пухса кĕртнĕ пирки çĕрулмипе пахча çимĕçсем чылай тăкаланса пĕтеççĕ, çапла вара пухса кĕртнĕ çимĕçсен хисепĕ татах нумай сахалланать. Çĕрулмипе пахча çимĕçсем лартса ӳстерме вăй нумай каять, анчах çак ĕçсене механизацилесси ялхуçалăхĕн ытти отраслĕсенчи ĕçсене механизацилениннчен нумай кая юлнă. Машина-трактор станцийĕсемпе совхозсен пропашной тракторсем сахал, çĕрулмипе пахча çимĕçсем лартса ӳстернĕ чухне ĕçлемелли машинăсем сахал, пур пек машинăсемпе те çителĕксĕр усă кураççĕ. Нумай МТС-сем колхозсемпе тунă договорсем тăрăх илнĕ обязательствăсене—çĕрулмипе пахча çимĕç культурисене лартас тата акас ĕçе, калчисене пăхса ӳстерессине тата пухса кĕртессине пурнăçламаççĕ, çапла пулин те СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви, облаçсенчи, крайсенчи тата республикăсенчи партипе совет органĕсем МТС-сен директорĕсем умне çĕрулмипе пахча çимĕç культурисене акса тăвас ĕçе механизацилес тата колхозсемпе тунă договорсем тăрăх ку ĕçсем енĕпе илнĕ обязательствăсене пурнăçлас тĕлĕшпе тивĕçлĕ требованисем кăларса тăратмаççĕ, çавна пула асăннă ĕçсене тăвасси вăраха тăсăлать, лартнă çимĕçсен пĕр пайне пăхса ӳстерес ĕçсене пачах тумаççĕ.

СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин, СССР Совхозсен министерствин руководителĕсем, çавăн пекех республикăсенчи, крайсенчи тата облаçсенчи ялхуçалăхĕпе хатĕрлев органĕсен работникĕсем çĕрулмипе пахча çимĕç культурисем акса тумалли çĕнĕ майсене сахал вĕренеççĕ. Малта пыракан колхозсенче çĕрулми лартмалли тата пахча çимĕç культурисене лартмалли малта пыракан çĕнĕ майпа—тăваткал тĕмĕн лартмалли тата акмалли майпа анлăн усă кураççĕ, анчах çак майпа усă курасси вăраххăн сарăлса пырать, СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви тата СССР Совхозсен министерстви çĕршыври мĕнпур колхозсемпе совхозсенче çав майпа усă курмалла тума çителĕклĕ тăрăшмаççĕ. Çав вăхăтрах çĕрулмине тăваткал тĕмĕн лартсан, пахча çимĕç культурисене тăваткал тĕмĕн лартсан тата аксан, çав культурăсене туса илес ĕçе пĕтĕмпе пекех механизацилеме май килет, вара алă вăйĕпе ĕçлесси нумай чакать, çав культурăсен тухăçлăхне хăвăртрах ӳстерме пулать, пахча çимĕçсем тата çĕрулми акса тăвассине колхозсен обществăлла хуçалăхĕн пысăк тупăшлă отраслĕ туса хума май килет.

СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ ялхуçалăх органĕсен руководителĕсемпе специалистсем нумайăшĕ çĕрулмипе пахча çимĕç культурисене тăваткал тĕмĕн лартассине халĕ те çаплах хакламаннине текех тӳссе тăма çук, тесе шутлаççĕ тата СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, СССР Совхозсен министерствине, вырăнсенчи парти, совет тата ялхуçалăх органĕсене ку ĕç çине государствăлла мар пăхнине пĕтерме, пур çĕрте те колхозсемпе совхозсенче çĕрулмине тăваткал тĕмĕн лартмалла, пахча çимĕç культурисене те тăваткал тĕмĕн акмалла тума хушаççĕ.

Партипе правительство çакăн пек йĕрке турĕç: колхозсем обязательнăй поставка тăрăх çĕрулмипе пахча çимĕçсем колхозсене çирĕплетсе панă акмалли çĕрĕн кашни гектарĕнчен шутласа параççĕ, ку йĕрке пĕтĕмпех тĕрĕс пулни курăнчĕ. Анчах çĕрулмипе пахча çимĕçсем хатĕрленĕ чухне çав йĕркене пăсаççĕ, малта пыракан, лайăх ĕçлекен, пысăк тухăçлă туса илекен колхозсене обязательнăй поставка тăрăх государствăна çĕрулмипе пахча çимĕçсем пама, кая юлнă, япăх ĕçлекен колхозсемпе танлаштарсан, чылай пысăкрах заданисем параççĕ.

Çавăн пек тĕрĕс мар практика çĕрулмипе пахча çимĕçсен тухăçлăхне ӳстерме хавхалантармасть, малта пыракан колхозсене хавхалантарма пулăшмасть. Кун пек система малта пыракан колхозсене тата тӳрĕ кăмăлпа ĕçлекен колхозниксене, çĕрулмипе пахча çимĕç туса илессине ӳстерсе пыракансене, хавхалантармасть, вĕсем вара, обществăлла хуçалăха тĕреклетме тата çав культурăсен тухăçлăхне ӳстерме сахал тăрăшакан колхозсемпе тата колхозниксемпе танлаштарсан, сахалрах усă кураççĕ.

Нумай колхозсенче, государствăна çĕрулмипе пахча çимĕç памалли обязательствăсене пурнăçланă тата кирлĕ обществăлла фондсем тунă хыççăн, çĕрулмипе пахча çимĕçсем нумай юлаççĕ, вĕсене сутас ĕçе япăх организациленĕ, рынoксенче сутмаççĕ, ку вăл хуласемпе промышленность центрĕсенчи халăха çĕрулмипе пахча çимĕçсем ытларах парса тăмалли майсене сахаллатать, колхозсемпе колхозниксен укçа тупăшĕсене чакарать тата çак отраслĕсене аталантарма пулăшмасть.

Халăха çĕрулмипе пахча çимĕçсем тата апат-çимĕç промышленноçне чĕртавар çителĕклĕ парса тăма çак культурăсене акса тăвассине малалла ӳстерсе пыни, вĕсен тухăçлăхне ӳстерни, пĕтĕм тата таварлă продукцине нумайлатса пыни питĕ кирлĕ тесе шутласа, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ, КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ 1953 çулхи сентябрĕн 7-мĕшĕнче йышăннă Постановленипе килĕштерсе, çапла йышăнчĕ:

### I.

### Çĕрулми тата пахча-çимĕçсем ытларах лартса тăвасси çинчен

1. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, СССР Совхозсен министерствине, республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, крайисполкомсемпе облисполкомсене колхозсенче тата совхозсенче 1953 çулхи çĕрулмипе пахча çимĕçсене тăкаламасăр пĕтĕмпех пухса кĕртмелле тума хушас.

Çав шутпа:

а) çĕрулмипе пахча çимĕçсене вăхăтра пухса кĕртсе турттармалла, ĕç пахалăхне чылай лайăхлатмалла, пухса кĕртнĕ çĕрулмипе пахча çимĕçсене тĕрĕс шута илмелле тата çĕрулмипе пахча çимĕç тухăçлăхне ӳстермелли плана тултарнăшăн тата ирттерсе тултарнăшăн колхозниксене хушса тӳлессине вăхăтра организацилемелле;

б) çĕрулмипе пахча çимĕçсене пухса кĕртес ĕçе механизацилени ĕçе хăвăртрах тума май панине тата тăкаксене сахаллатнине шута илсе, çĕрулмипе пахча çимĕçсене пухса кĕртес тĕлĕшпе машина-трактор станцийĕсен ĕçне ытларах лайăхлатма мерăсем йышăнмалла.

Колхозсемпе совхозсенче çĕрулмипе пахча çимĕçсене пухса кĕртес ĕç мĕнле пыни çинчен, çавăн пекех тата çав культурăсене пухса кĕртес тĕлĕшпе машина-трактор станцийĕсене панă заданисем мĕнле пурнăçланса пыни çинчен республикăсенчи Министрсен Совечĕсенче, крайисполкомсенче тата облисполкомсенче тăтăшах пăхса тухмалла. Çĕрулмипе пахча çимĕçсене хăвăртрах пухса кĕртес тата государствăна памалли плана тултарас тĕлĕшпе кирлĕ мерăсем вăхăтра йышăнмалла.

2. Çĕрулмипе пахча çимĕçсем лартса тăвассине малалла аталантарса пырас шутпа, 1954 çулта çав культурăсене çакăн чухлĕ лартма заданисем парас:

а) колхозсенче—4128,5 пин гектар çĕрулми, 1003,4 пин гектар пахча çимĕç культурисем лартмалла. Пахча çимĕçсем лартмалли пĕтĕм лаптăкран уйрăм культурăсем тăрăх çакăн чухлĕ заданисем парас: купăста—279,7 пин гектар, хăяр—153,8 пин гектар, помидор—171,4 пин гектар, сухан тата ыхра—116,6 пин гектар, кишĕр—99,3 пин гектар тата хĕрлĕ кăшман—90 пин гектар.

Заданире кăтартнă культурăсене çакăн пек вырăнсенче лартмалла:

колхозсенче шăваракан вырăнсенче çĕрулми 153,4 пин гектар тата пахча çимĕçсем 284,2 пин гектар;

СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствин консерва тăвакан тата пахча çимĕç типĕтекен завочĕсен зонинче хĕрекен колхозсенче 133 пин гектар пахча çимĕç, вăл шутра 45,2 пин гектар помидор лартмалла;

б) СССР Совхозсен министерствин совхозĕсенче çĕрулми 218 пин гектар тата пахча çимĕçсем 72,5 пин гектар, СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствин совхозĕсенче çĕрулми 44 пин гектар тата пахча çимĕçсем 20 пин гектар.

СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, СССР Совхозсен министерствине, вырăнти совет тата ялхуçалăх органĕсене, МТС-сен тата совхозсен директорĕсене, çĕрулмипе тымарçимĕçсем лартнă лаптăксенче ĕçлессине икĕ енĕпе механизацилеме май пултăр тесе, çĕрулмипе пахча çимĕç культурисене тăваткал тĕмĕн лартмалла тата акмалла тума хушас. Колхозсемпе совхозсенче 1954 çулта çĕрулмине, помидорсене тата купăстана пĕтĕмпех тăваткал тĕмĕн тата тăваткалсем туса лартмалла. Çĕрулмине пĕтĕмпех машинăпа лартма 1954 çулта машинăсем çитес çуркунне шута илсе, çĕрулмине тăваткал тĕмĕн лартас ĕçре плугсемпе, культиваторсемпе тата ытти хатĕрсемпе анлă усă курмалла.

СССР Совхозсен министерствине 1953—1954 çулсенче татах 154 совхозра çĕрулмипе пахча çимĕç лартса тăвас тĕлĕшпе ĕçлемелле тума хушас, СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствине пахча çимĕç тата садпа пахча çимĕç совхозĕсем 7 совхоз организацилеме хушас.

3. 1954 çулта çĕрулми тата пахча çимĕç культурисене гектартан çакăн чухлĕ туса илме задани парас:

а) колхозсенче—çĕрулми 140 центнертан кая мар, купăста 175 центнер, хăяр 110 центнер, помидор 135 центнер, сухан 85 центнер, кишĕр 120 центнер, хĕрлĕ кăшман—130 центнер;

б) совхозсенче çĕрулми 140 центнертан кая мар, купăста 210 центнер, хăяр 115 центнер, помидор 165 центнер, сухан 100 центнер, кишĕр 135 центнер тата хĕрлĕ кăшман 155 центнер.

4. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, РСФСР Министрĕсен Совечне, Украина ССР Министрĕсен Совечне, Молдаван ССР Министрĕсен Совечне тата Белорус ССР Министрĕсен Совечне пысăк хуласемпе промышленность центрĕсем çывăхĕнчи, çавăн пекех спирт, крахмалпа патока завочĕсен вокинчи тата пахча çимĕç типĕтекен промышленность зонисенчи айлăм вырăнсенче, тĕштырăпа ытти культурăсем вырăнне лартса тата çĕнĕ вырăнсем йышăнса, пахча çимĕçсемпе çĕрулми лаптăкне ӳстермелле тăвас тĕлĕшпе 1953 çулхи ноябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне СССР Министрĕсен Совечне сĕнӳ тăратма хушас.

Мускав облаçĕнчи айлăм вырăнсенче, Атăлпа Ахтуба айлăмĕнче, Ока тата ытти юханшывсен айлăмĕсенче пахча çимĕç лартса тăвассине аталантарни уйрăмах пысăк вырăнта тăнине палăртса, СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, РСФСР Министрĕсен Совечне тата Украина ССР Министрĕсен Совечне, Мускав, Сталинград, Астрахань тата Рязань облисполкомĕсене айлăм вырăнсенче пахча çимĕçсемпе çĕрулми лартмалли лаптăка çакăн чухлĕ гектара çитерме хушас:

а) Мускав облаçĕнче Ока, Москва-река, Яхрома тата Сестры юханшывсен айлăмĕсенче пахча çимĕçсем 1954 çулта 12 пин гектар тата 1955 çулта 14 пин гектар таран лартмалла;

б) Астрахань облаçĕнче Атăлпа Ахтуба айлăмĕнче çĕрулмипе пахча çимĕçсем 1954 çулта 10,5 пин гектар тата 1955 çулта 12,5 пин гектар таран лартмалла;

в) Сталинград облаçĕнче Атăлпа Ахтуба тата Атăла кĕрекен юханшывсен айлăмĕсенче çĕрулмипе пахча çимĕçсем 1954 çулта 6,6 пин гектар тата 1955 çулта 9,1 пин гектар таран лартмалла;

г) Рязань облаçĕнче Ока тата Окана кĕрекен юханшывсен айлăмĕсенче пахча çимĕç культурисем 1954 çулта 5,8 пин гектар тата 1955 çулта 8 пин гектар таран лартмалла;

д) Украина ССР-ĕнче Луганка, Ирпень, Айдар тата ытти юханшывсен айлăмĕсенче çĕрулмипе пахча çимĕçсем 1954 çулта 29,2 пин гектар тата 1955 çулта 33,3 пин гектар таран лартмалла.

Металлурги промышленность министерствине, çĕр кăмрăк промышленность министерствине, Хими промышленность министерствине, Транспортпа йывăр машиностроени министерствине промышленность предприятийĕсенчен юхса тухакан вараланчăк шывсене тасатассине 1954—1955 çулсенче организацилеме хушас, пахча çимĕçсемпе ытти ялхуçалăх культурисене шăварас ĕçре усă куракан юханшывсене, пĕвесемпе кӳлĕсене çав шывсемпе варалама памалла мар.

5. Çĕрулми тата пахча çимĕç лартса тумалли çĕре çемçетме минераллă удобренисем колхозсене 1953 тата 1954 çулсенче кивçен памалла тăвас. пĕр тонна удобренишĕн çав çулсенче çакăн чухлĕ çĕрулми е пахча çимĕç (килогрампа) илмелле тăвас:

| | Аммони сульфачĕ | Аммиак селитри | Фосфорит çăнăхĕ | Суперфосфат | Хлорлă кали | Кали тăварĕ | Авăртнă известь |
|---|---|---|---|---|---|---|---|
| Çĕрулми | 560 | 950 | 84 | 340 | 224 | 160 | 40 |
| Купăста | 650 | 1100 | 100 | 400 | 260 | 185 | 50 |
| Сухан | 125 | 200 | 20 | 70 | 60 | 40 | 10 |

Промышленноçран илекен минераллă удобренисен хакне тӳлемелли положение туса çирĕплетме, колхозсене вĕсем илнĕ удобренишĕн тӳлеме счет памалли йĕркене тата илнĕ минераллă удобренишĕн натурăпа тӳленĕ чухне пахча çимĕç культурисене пĕринишĕн теприне мĕн чухлĕ памалли эквивалента тума СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине хушас, çакна унăн СССР Финанс министерствипе килĕштерсе тумалла. Минераллă удобрение колхозсене, хăйсем килĕштерсен, укçан та памалла тăвас.

Минераллă удобренисене государство склачĕсенчен турттарассине машина-трактор станцисем тата СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин Союзсельхозавтотрансĕ çине хурас, çав удобренисене уя кăларассине МТС-семпе колхозсен тумалла.

Минераллă удобренисене колхозсене турттарса панăшăн тата уя кăларса панăшăн натурăпа тӳлемелли хака СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, СССР Госпланĕпе тата СССР Финанс министерствипе килĕштерсе, тума хушас.

6. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, СССР Совхозсен министерствине, совет тата ялхуçалăх органĕсене сортлă çĕрулми вăрлăхĕ тăвас ĕçе лайăхлатас, районланă тухăçлă сортсене, уйрăмах ир пулакан çĕрулми сортне колхозсемпе совхозсенче сарассине хăвăртлатас тĕлĕшпе мерăсем йышăнма хушас; 1957 çултан пуçласа совхозсемпе колхозсенче пуринче те пĕтĕмпех сортлă çĕрулми лартма тытăнмалла.

Çĕрулми вăрлăхĕн пахалăхне лайăхлатас тата ир пулакан паха çĕрулми вăрлăхĕн фондне нумайлатас шутпа çĕçенхирлĕ тата вăрман-çĕçенхирлĕ районсенчи колхозсемпе совхозсенче çĕрулми вăрлăхĕ тума çĕрулмине çулла лартассине анлăн туса пыма сĕнес, унта çĕрулмине шăваракан вырăнсенче май пур таран ытларах лартма тăрăшмалла. Çĕрулми вăрлăххăх лартма торфлă вырăнсемпе анлăн усă курмалла, минераллă вырăнсенче çĕрулми вăрлăхĕ тума лартнă участоксем çине органически удобренисем ытларах тăкмалла.

1954 çулта сортлă пахча çимĕç вăрлăхĕ хатĕрлемелли плана çирĕплетес: купăста вăрлăхĕ—720 центнер, хăяр вăрлăхĕ—11000 центнер, помидор вăрлăхĕ—550 центнер, сухан — 10600 центнер, кишĕр вăрри — 7000 центнер, хĕрлĕ кăшман вăрри—11000 центнер хатĕрлемелле.

Государство аллинчи сортлă пахча çимĕç вăрлăхĕсен страховой фондне 1955 çулта çакăн чухле çитерес: купăста вăрлăхĕ 1000 центнер, сухан 5600 центнер, кишĕр вăрри 4000 центнер, хĕрлĕ кăшман вăрри 7200 центнер, пăрса йышши çимĕçсен вăррисем 20000 центнер тата редис вăрри 700 центнер пулмалла.

(Малалли 2-мĕш страницăра).

## *Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительствин Председательне МАО ЦЗЕ-ДУН юлташа*

Пекин.

Китай Халăх Республикине туса хунăранпа тăватă çул тултарнă кун Сире, Председатель юлташ, тата Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительствине эпĕ чĕререн саламланине йышăнма ыйтатăп.

Иртнĕ тăватă çул пĕтĕм тĕнчене Китай Халăх Республикин пурнăçри вăйĕ аслă пулнине тата унăн тĕрекне кăтартса пачĕç. Вăл çĕршывра историллĕ улшăнусем ăнăçлă туса пырать тата экономикăпа культурăна, халăх массисен матер[illegible]ăй пурнăçне çĕклентерсе пырать.

Китай Халăх Респуб[illegible]чери вăй пулса тăчĕ. Вăл империалистсене Азири халăхсе[illegible] чарусăр чуралантарма, Азире çĕнĕ вăрçă вучахĕ туса хура[illegible]тикăна пурнăçласа пыма ирĕк памасть. Корейăри ĕçсем çакна кăтартса пачĕç: Китай халăхĕ Хĕвелтухăçĕнчи пусмăрти халăхсемшĕн ирĕклĕхпе никама пăхăнманлăхшăн кĕрешмелли хăватлă тĕрек пулса тăчĕ.

Китай Халăх Республики пур енĕпе те прогресс çулĕпе пыни пĕтĕм прогрессивлă этемлĕхе чĕререн савăнтарать. Китай халăхĕ нациллĕ çĕкленӳ çулĕпе, хăйĕн Тăван çĕрщывне чечеклентермелли çулпа малалла пынине чарса лартма пултаракан вăй тĕнчере çук.

Совет халăхĕ аслă Китай халăхне çĕршыва индустриализацилемелли, ялхуçалăхне аталантармалли тата халăх пурнăçне лайăхлатмалли программăна пурнăçлас ĕçре, хăйĕн халăх демократи государствине малалла пур майсемпе те тĕреклетес ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тума хĕрӳллĕн ыра сунать.

Совет Союзĕпе Китай Халăх Республики хушшинчи тăванла çирĕп туслăх тата пĕр-пĕринпе тачă çыхăнса ĕçлесси хамăр çĕршывсенчи халăхсен ырлăхĕщĕн, мире тата тĕнчери хăрушсăрлăха тĕреклетессишĕн ӳссе тата аталанса пытăр.

Г. МАЛЕНКОВ.

1953 çулхи сентябрĕн 30-мĕшĕ.

## *Китай Халăх Республикин Государство Администраци Совечĕн Премьерне тата Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрне ЧЖОУ ЭНЬ-ЛАЙ юлташа*

Пекин.

Премьер тата Министр юлташ, Китай Халăх Республикине туса хунăранпа тăватă çул тултарнă ятпа эпĕ чĕререн сывлăх суннине йышăнăр. Тата Совет Союзĕпе Китай Халăх Республики пур енĕпе те пĕр-пĕринпе килĕшсе ĕçлессине, çирĕп туслăха пирĕн халăхсен ырлăхĕшĕн тата пĕтĕм тĕнчипе çирĕп мир туса хурас интерессемшĕн малалла аталантарса тĕреклетме ыра суннине те йышăнăр.

В. МОЛОТОВ.

1953 çулхи сентябрĕн 30-мĕшĕ.

## Механизатор пулса ĕçлеме кăмăл тăваççĕ

ЧКАЛОВСКИ. Ĕлĕкрех МТС-ран тухса кайнă механизаторсем парти чĕнĕвпе ырлаççĕ, МТС-а каялла килме тата механизаторсем пулма вĕренме яма заявленисем параççĕ.

— Парти чĕнĕвне ырласа,—тет хăйĕн заявленинче Катек ялĕнчи вулав çуртĕн заведующийĕ С. Логунов юлташ,—мана МТС-а каялла илме ыйтатăп.

С. Логунов юлташ çичĕ çул каялла Чкаловски МТС-ĕнче тракторист пулса ĕçленĕ, ĕçре лайăх тĕслĕхсем кăтартнă. Халĕ вăл каллех МТС-ра тракторист пулса ĕçлесшĕн.

Çак кунсенче района Совет Çарĕнчен демобилизаци йĕркипе М. Ежов офицер таврăнчĕ. Совет Çарне каяччен вăл комбайнер помощникĕ пулса ĕçленĕ.

— Манăн механизатор пулас шухăш пысăк. Çавăнпа та мана механизатор пулма вĕренме яма ыйтатăп,—тет М. Ежов юлташ хăйĕн заявленийĕнче.

Районти Сăкăт ялĕнчи В. Кайзеров юлташ та, халĕ Мускавра ĕçлекенскер, механизатор пулмашкăн вĕренме яма ыйтса МТС дирекцине заявлени янă. Вăл 6 çул каялла МТС-ра прицепщик пулса ĕçленĕ.

Кашни кунах МТС дирекцийĕ ячĕпе тата КПСС райкомне кун пек заявленисем чылай килеççĕ.

В. ИГНАТЬЕВ.

ХĔРЛĔ ЧУТАЙ. Совет Çарĕнчен таврăннă В. Лентюковпа А. Давинкин юлташсем ĕлĕкрех Хĕрлĕ Чутай МТС-ĕнче комбайнер пулса ĕçленĕ. В. Ярыкин, Ф. Кондратьев, И. Сидоров юлташсем те Совет Çарне каяччен кунтах виçшер çул хушши тракторист пулса ĕçленĕ. Халĕ вĕсем пурте МТС-а каялла илме ыйтса заявленисем панă.

А. Глухова юлташ Шупашкарти çиравăр комбинатĕнче ĕçлет. Вăл МТС-ра 4 çул тракторист пулса ĕçленĕ. А. Глухова юлташ МТС дирекцийĕнчен хăйне каялла илме ыйтса заявлени панă.

Пленум постановленийĕ тухнă хыççăн МТС-а каялла таврăннă А. Кондаков, А. Мареев тракторист кĕрхи çĕртме сухине лайăх тăваççĕ, кулленхи нормăна вĕсем 120—140 процентран кая мар тултарса пыраççĕ. Юлашки кунсенче каялла таврăнса ĕçе тытăннă А. Жерженкова, П. Карпова, А. Макаров, В. Мартынов трактористсем те хавхаланса ĕçлеççĕ.

Механизаторсене МТС-а каялла таврăнма чарса тăракансем те пур-ха. Хĕрлĕ Чутайри пулă тытакан колхоз председателĕ Сармандейкин юлташ 1 трактториста, Андреев ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Сидоров юлташ 3 трактториста МТС-а каялла ĕçлеме килме чăрмантарса тăраççĕ.

С. ИЛЬИН,
МТС-ри партбюро секретарĕ.

## КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ „ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен" йышăннă постановление вĕреннĕ май лекцисемпе докладсем ирттермелли

### ПРИМЕРЛА ТЕМАТИКА

1. КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ «ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановлени—социализмла ялхуçалăхне çĕнĕрен хăватлăн çĕклентермелли пысăк программа.
2. Партипе правительство социализмла ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе тăвакан ĕçсем—пирĕн çĕршывра рабочи класпа колхоз хресченĕсем хушшинчи союза тĕреклетес ĕçе пысăк вăй хуни.
3. Социализмла ялхуçалăхĕ хресченсен вак таварлă хуçалăхĕнчен тата капитализмла шутра ялхуçалăх производствинчен малта тăни.
4. Ялхуçалăх артелĕ—социализм ялĕнчи коллективлă хуçалăхăн тĕп форми.
5. Колхозра обществăлла интерессене тата уйрăм çынсен интересĕсене тĕрĕс сыхăнтарасси—колхоз хуçалăхĕн артель формин паха принципĕ.
6. Работниксене производствăна аталантарас ĕçре пурлăх тĕлĕшпе хавхалантармалли принцип—социализмла хуçалăха тытса пымалли тĕп принципсенчен пĕри.
7. Социализмла промышленность тата унăн СССР ялхуçалăхне аталантарассине ӳстсе пырас ĕçри пĕлтерĕшĕ.
8. Машина-трактор станцийĕсем—колхоз производствине аталантарас ĕçре татăклă вăй.
9. Ялхуçалăх налогĕ çинчен кăларнă çĕнĕ закон тата унăн социализмла ялхуçалăхне малалла çĕклентерес ĕçри пĕлтерĕшĕ.
10. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе вăйлатасси—социализмла ялхуçалăхне аталантарас ĕçре хăвăртрах татса памалли задача.
11. Çĕрулми тата пахча çимĕç туса илессине ӳстересси—социализмла çĕршыва пысăк задачи.
12. Ялхуçалăх культурисен тухăçĕпе выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстересси—ССР Союзĕнче ялхуçалăх производствине çĕклентермелли татăклă услови.
13. Ялхуçалăхне малалла вăйлатас ĕçре совет наукин, çĕрĕçĕпе выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре малта пыракансен çитĕнĕвĕсен пĕлтерĕшĕ.

КПСС ОБКОМĔН ПРОПАГАНДĂПА АГИТАЦИ ПАЙĔ.

## СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕн

# 1953—1955 çулсенче колхозсемпе совхозсенче çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илессине ӳстермелли мерăсем тата вĕсене хатĕрлесси çинчен

(Малалли).

Сортлă пахча çимĕç культурисен вăрлăхĕсен государство аллинчи страховой фондне ӳстерĕ май, çав мероприятисем валли расходсене ӳстерме СССР Финанс министерствин укçа-тенкĕ уйăрса памалла.

СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин пахча çимĕçпе бахча культурисен тата выльăха çитермелли тымарçимĕçсен сортлă вăрлăхне усрама Сортсемовощ системи тăрăх 1954—1955 çулсенче кирлĕ таран çĕнĕ складсем тума палăртмалла.

7. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине тата СССР Финанс министерствине 1954 çулхи январĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа пахча çимĕçсемпе бахча культурисен тата выльăхсене çитермелли тымарçимĕçсен сортлă вăрлăхĕсене сутмалли хакне вăтам шутпа 12 процент йӳнетме хушас.

8. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, Пенза, Горький, Ярославль, Рязань, Брянск, Курск облисполкомĕсене тата Украина ССР Министрĕсен Советне сухан лартса тăвакан çак районсенчи—Бессоновка, Арзамас, Ростов, Спасск, Погар, Борисовка, Марковка, Комаровка, Балаклея тата Павлоград районĕсенчи колхозсенче сухан туса илессине ӳстерме мерăсем йышăнма хушас.

9. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, Пенза, Горький, Ярославль, Рязань, Брянск тата Курск облисполкомĕсене 1953—1954 çулсенче сухан лартса тăвакан районсенчи колхозсенче сухан хумалли хранилищесем кирлĕ чухлĕ тăвассине пурнăçлама хушас.

Центросоюзăн 1954—1955 çулсенчи плансенче сухан хумалли хранилищесем тума ĕçе юрăхлă йывăç 11,8 пин кубометр уйăрса пама палăртса хумалла, вăл шутран: Пенза облаçĕсенчи колхозсене 1954 çулта 1900 кубометр тата 1955 çулта 1500 кубометр, Горький облаçĕнчи колхозсене 1954 тата 1955 çулсенче 1100-шер кубометр, кашни çуллenex Ярославль облаçне 800, Рязань облаçне 900, Брянск облаçне 600 тата Курск облаçне 800 кубометр йывăç уйăрса памалла.

10. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, СССР Совхозсен министерствине, СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствине, республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, крайисполкомсемпе облисполкомсене çапла тума хушас:

а) 1953 çулхи халăх хуçалăх планĕнче колхозсемпе совхозсенче парниксемпе теплицăсем тăвас тĕлĕшпе палăртса хунисене пĕтĕмпех туса çитермелле, 1954—1955 çулсенче парниксемпе теплицăсем çĕнĕрен хывса тата туса, вĕсене çак хисепе çитермелле:

| | Парниксем (пин шер рамăпа шутласа) | | Теплицăсем (пин шер тăваткал метрпа шутласа) | |
|---|---|---|---|---|
| | хывмалла | тумалла | хывмалла | тумалла |
| **Колхозсенче** | | | | |
| 1954 çулта | 7 567 | 2 443 | 332,5 | 181 |
| 1955 çулта | 10 030 | 2 468 | 491,4 | 240,1 |
| **СССР Совхозсен министерствин тата СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин совхозĕсенче** | | | | |
| 1954 çулта | 1 300 | 330 | 150 | 70 |
| 1955 çулта | 1 521 | 370 | 220 | 119 |
| **СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствин совхозĕсенче** | | | | |
| 1954 çулта | 330 | 16 | 32 | 3 |
| 1955 çулта | 345 | 20 | 35 | 3 |

б) промышленность предприятисене, хăйсен программине пурнăçлас ĕçе сиенлемесĕр, колхозсемпе, совхозсемпе договорсем туса, вĕсен шучĕпе, вĕсене шефа илес йĕрке тăрăх, колхозсемпе совхозсене парниксемпе теплицăсем тăвас ĕçре пулăшма сĕнес;

в) парниксемпе нумай вăхăт хушши усă курмалла тăвас шутпа, хуласем çывăхĕнчи колхозсемпе совхозсенче парниксен пурисене бетонпа тата нумай вăхăт хушши усранакан ытти материалсенчен тăвас ĕçе анлă сармалла;

г) колхозсемпе совхозсенче парниксемпе теплицăсене пăспа, шывпа тата электричествăпа ăшăтса тăрас ĕçе анлă сармалла;

д) пахча çимĕç культурисен калчисене торфпа çĕрĕк тăпринчен тунă чӳлмексенче акса-лартса ӳстерессине анлăн ĕçе кĕртсе пымалла, 1954 çултан пуçласа кашни колхозпа кашни совхозрах торфпа çĕрĕк тăпринчен тунă чӳлмексем туса хатĕрлес ĕçе тата вĕсенче пахча çимĕç культурисен калчисене ӳстерес ĕçе пурнăçа кĕртсе пымалла. Советсен вырăнти органĕсен колхозсене торфпа çĕрĕк тăпринчен тунă чӳлмексем туса хатĕрлеме заданисем памалла, çав заданисене пурнăçланине тĕрĕслесе тăрас ĕçе организацилемелле.

11. СССР Вăрманпа хут промышленноçĕн министерствине колхозсемпе совхозсене пахча çимĕç лартса ӳстермешкĕн сутма СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине тата СССР Совхозсен министерствине 1954 çулта 2 миллион парник рами тата 1955 çулта 2 миллион парник рами туса пама хушас.

12. СССР Госпланне 1954 çулпа 1955 çул валли тумалли плансенче совхозсене сутма СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, СССР Совхозсен министерствине тата СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствине тата колхозсене сутма Центросоюза пахча çимĕç парникĕсемпе теплицăсем тумалли оборудованипе материалсем уйăрса парассине палăртма хушас.

13. Мускав, Ленинград, Горький, Свердловск, Челябинск, Молотов, Иваново, Новосибирск, Ростов, Иркутск, Тула тата Кемерово облисполкомĕсене, Краснодарпа Алтай крайисполкомĕсене, Украина ССР Министрĕсен Советне, Узбек ССР Министрĕсен Советне, Азербайджан ССР Министрĕсен Советне тата Грузи ССР Министрĕсен Советне, Электростанцисемпе электропромышленность министерствине, Металлурги промышленность министерствине, Çĕр кăмрăк промышленность министерствине, Нефть промышленность министерствине, СССР Куллен кирлĕ таварсен промышленность министерствине, Транспорт машинисемпе йывăр машинăсем тăвакан промышленность министерствине хуласем çывăхĕнчи колхозсемпе совхозсенче промышленность предприятисемпе электростанцисенчи ĕçрен юлакан ăшăпа усă курмалли теплицăсем, парниксем, тăпра ăшăтмалли вырăнсем тума май пуррине тĕпчесе пăхас ĕçсене 1953 çулта туса иртterme тата 1953 çулхи декабрĕн 1-мĕшĕ тĕлне ку ыйтупа СССР Министрĕсен Советне сĕнӳсем тăратма хушас.

14. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине 1953 çулта техникăлла майпа тăпрана ăшăтмалли теплицăсемпе парниксен типовой проекчĕсене пичетлесе кăларма, теплицăсен металран тумалли, сӳтсе пăрахмалли тата пухмалли шалти оборудованин конструкцийĕсене заводра комплектлăн туса кăлармашкăн çав конструкцисен проектне хатĕрлеме хушас.

Строительство министерствине, СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствипе тата СССР Совхозсен министерствипе килĕштерсе, хăйĕн предприятийĕсенче теплицăсем валли металран конструкцисем тăвас ĕçе валеçсе вырнаçтарса тухма хушас.

СССР Госпланне, республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, крайисполкомсемпе облисполкомсене колхозсемпе совхозсен теплицисем валли кашни çулах кирлĕ чухлĕ кăмрăк, торф тата ытти йышши топливо уйăрса парассине палăртса хума хушас.

15. СССР Финанс министерствине теплицăсем, парниксем тăвакан колхозсене, шыв илекен айлăмсене пахча çимĕç лартса ӳстерме юрăхлă тумашкăн мелиораци ĕçĕсене тăвакан колхозсене, питех те кирлĕ чухне, 1953—1955 çулсенче Ялхуçалăх банкĕнчен çакăн чухлĕ укçа кивçен пама хушас: парниксем тума — çав ĕçе каймалли укçа хисепĕн 80 процентĕ таран пилĕк çуллăх срока кивçен укçа памалла, çав укçана илнĕ хыççăн тепĕр çултан каялла таварса пама пуçламалла; мелиораци ĕçĕсем валли тата теплицăсем тума—çав ĕçе каймалли укçа хисепĕн 90 процентĕ таран 10 çуллăх срока кивçен памалла, çав укçана илнĕ хыççăн виççĕмĕш çулĕнче каялла таварса пама пуçламалла; çĕрулмипе пахча çимĕç хранилищисем, лупассемпе сушилкăсем тума—çав ĕçсене тума каймалли укçан 70 процентĕ чухлĕ пилĕк çуллăх срока кивçен памалла, çав укçана илнĕ хыççăн тепĕр çултан каялла таварса пама пуçламалла.

Хăшпĕр чухне, облисполкомсемпе крайисполкомсем, республикăсен Министрĕсен Совечĕсем тунă список тăрăх, çӳлте асăннă ĕçсене тума каймалли укçана 100 процентĕпех кивçен памалла.

16. Колхозниксене çĕрулмипе пахча çимĕç тума ытларах интереслентерес шутпа, колхозсене, ăçта ун пек туни усăллине кура, çапла тума сĕнес: пĕрлехи пухусем йышăннă тăрăх, çĕрулмипе пахча çимĕç сутнинчен пуçăнакан укçан 25 процентне колхозниксене аванс йĕркипе памалла. Çав аванса колхозниксене кашни уйăхрах вĕсем çулталăк пуçланнăранпа тунă мĕнпур ĕçкунĕсем тăрăх 15 процент таран, пахча çимĕçпе çĕрулми лартса тăвас ĕçре тунă ĕçкунĕсен 10 процентĕ таран памалла; çакăн пек йĕрке тăвас: укçа-тенкĕ тупăшĕсене татăклăн валеçнĕ чухне аванс йĕркипе илнĕ укçан хисепне чакармалла мар.

Колхозсем ыйтнипе Госбанкăн çапла тумалла: колхозсем пахча çимĕçпе çĕрулми лартса туса илнĕ мĕнпур укçатенкĕрен 25 процентне уйрăм текущи счет çине çырса хумалла, çав счет çинчи укçана колхозсем çак Постановленире каланă пек ĕçкунĕсем тăрăх валеçме çеç расходлама пултарассă.

17. 1953 çултан пуçласа, государствăна обязательнăй йĕркепе çĕрулми, купăста, сухан, кишĕр, хĕрлĕ кăшман, помидор парас тĕлĕшпе колхозсем валли тунă хальхи нормăсене, çавăн пекех тата колхозниксен килĕсем, рабочисемпе служащисен хуçалăхĕсем обязательнăй йĕркепе çĕрулми памалли хальхи нормăсене чакарас.

СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, крайисполкомсемпе облисполкомсене çапла тума ирĕк парас: 1953 çулта туса илнĕ çĕрулмипе пахча çимĕçе обязательнăй йĕркепе памалли плана, çак Постановленипе йышăннă плана шута илсе, колхозсем 1953 çулта çĕрулми, купăста, сухан, хăяр, кишĕр, хĕрлĕ кăшман, помидор обязательнăй йĕркепе памалли çĕнĕ нормăсене, çавăн пекех колхозниксен килĕсем тата рабочисемпе служащисен хуçалăхĕсем обязательнăй йĕркепе çĕрулми памалли нормăсене 5 кун хушшинче срокра çирĕплетмелле.

СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, крайисполкомсемпе облисполкомсене районсем тăрăх тунă çĕнĕ нормăсене—колхозсем обязательнăй йĕркепе государствăна çĕрулми, купăста, сухан, хăяр, кишĕр, хĕрлĕ кăшман, помидор памалли çĕнĕ нормăсене, çавăн пекех колхозниксен килĕсем обязательнăй йĕркепе çĕрулми памалли çĕнĕ нормăсене пĕр уйăхлăх срокра СССР Министрĕсен Советĕнче çирĕплетме тăратма хушас.

Колхозсем обязательнăй йĕркепе государствăна çĕрулми тата пахча çимĕç тăратмалли çĕнĕ нормăсене районсем тăрăх туса хатĕрленĕ чухне çаксене шута илмелле:

а) çĕрулми енĕпе—çак культурăна туса илмелли условисем пĕр майлăрах районсем валли тунă нормăсем хушшинче пысăк уйрăмлăх пулмалла мар; хуласем, промышленность центрĕсем тата çĕрулмирен тĕрлĕ çимĕçсем хатĕрлекен предприятисем çывăхĕнчи районсен нормисем, ытти районсен нормисемпе танлаштарсан, пĕртак çеç пысăкрах пулмалла. Районсен обязательнăй йĕркепе государствăна çĕрулми тăратмалли нормисем районти пур колхозсемшĕн те пĕр пекех пулмалла.

б) пахча çимĕç енĕпе—хуласем, промышленность центрĕсем тата пахча çимĕçрен тĕрлĕ çимĕçсем хатĕрлекен предприятисем çывăхĕнчи уйрăм районсемпе колхозсен уйрăмлăхĕсене, çавăн пекех тата пахча çимĕçсене шăваракан çĕрсемпе айлăмсенче туса илме лайăх условисем пур районсемпе колхозсен уйрăмлăхĕсене шута илмелле, вĕсем валли, ытти районсемпе тата колхозсемпе танлаштарсан, пĕртак пысăкрах нормăсем тумалла;

в) çĕрулмипе пахча çимĕçе çул-йĕрсенчен аякри районсенчи колхозсенчен вĕсемпе усă куракан вырăнсене турттарма расхол нумай тухнине кура, çавăн пек районсенчи колхозсене государствăна обязательнăй йĕркепе çĕрулми парассинчен хăтарас.

Вырăнти органсене кашни гектартан обязательнăй йĕркепе çĕрулми, купăста, хăяр, помидор, сухан, кишĕр тата хĕрлĕ кăшман парас енĕпе колхозсем валли туса çирĕплетнĕ нормăсене улăштарма, çавăн пек тата çирĕплетнĕ нормăран ытла обязательнăй йĕркепе çĕрулми тата пахча çимĕç тăратма колхозсене заданисем пама чарас.

18. Колхозсене çĕрулмипе пахча çимĕç туса илнĕ çĕрте агрономи пулăшăвĕ парас ĕçе лайăхлатас шутпа, СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине çапла тума хушас: пахча çимĕç тăвас ĕç аталаннă, парниксемпе теплицăсем нумай районсенчи МТС-сен штатне МТС главнăй агрономĕн пахча çимĕç тăвас енĕпе ĕçлекен заместительне кĕртмелле, ăна ĕç укçи МТС главнăй агрономĕнчен 10 процент каярах тӳлемелле; çĕрулмипе пахча çимĕç акса-лартса тумалли çĕр лаптăкĕ пысăк тата парниксемпе теплицăсем пур колхозсенче ĕçлеме МТС-ра агроном-овощевод должноçĕ тумалла, ăна ĕç укçи машина-трактор станцийĕн участокри агрономĕ илекен ĕç укçипе пĕр пек памалла.

СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине тата СССР Финанс министерствине МТС-сенче агроном-овощеводсем мĕн чухлĕ пулмаллине пĕр уйăхлăх срокра палăртма хушас.

СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, СССР Совхозсен министерствине, республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, крайисполкомсемпе облисполкомсене 1953 çултан пуçласа колхозсемпе совхозсен мастерĕсене—парниксемпе теплицăсенче пахча çимĕç тата вĕсен калчисене ӳстерес тĕлĕшпе ĕçлекен мастерсене вĕрентсе хатĕрлемешкĕн тытăнма хушас.

19. Облисполкомсене, крайисполкомсене, республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, министерствăсемпе ведомствăсен руководителĕсене кашни çын пахча çимĕç лартса тăвассине пур майсемпе те хавхалантарса пыма, совхозсенче, хушма хуçалăхсенче тата ытти хуçалăхсенче торфпа çĕрĕк тăпринчен тунă чӳлмексенче купăста, помидор тата ытти пахча çимĕç культурисен калчисене ӳстерес тата вĕсене рабочисемпе служащисене хăйсен пахчисенче лартмашкăн сутас ĕçе организацилеме хушас; пахча çимĕç тăвакансене минераллă удобренисем сутмалла, пахча çимĕçе сиенлекен хурткăпшанкăсене, чирсене хирĕç кĕрешме наркăмăшлă химикатсем пакетсене тултарса сутмалла, çавăн пекех алăпа ĕçлемелли вак хатĕрсем сутмалла.

## II.

## Çĕрулмипе пахча çимĕç культурисем туса илес тата пухса кĕртес ĕçсене механизацилесси çинчен тата 1953—1955 çулсенче пропашной тракторсемпе ялхуçалăх машинисем туса кăларассине ӳстересси çинчен

20. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, СССР Совхозсен министерствине, СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствине, республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, крайисполкомсемпе облисполкомсене 1954—1955 çулсенче колхозсемпе совхозсенче çĕрулми тата пахча çимĕçсем туса илес тата пухса кĕртес тĕп ĕçсене механизацилессине çак шая çитермелле тума хушас (пĕтĕм ĕçсен пысăкăшĕнчен процентпа):

| | 1954 çул | | 1955 çул | |
|---|---|---|---|---|
| | колхозсенче | совхозсенче | колхозсенче | совхозсенче |
| **Çĕрулми енĕпе** | | | | |
| Лартасси | 45 | 80 | 80—90 | 95 |
| Ретсен хушшине кăпкалатасси | 65 | 90 | 80—90 | 95 |
| Пухса кĕртесси | 40 | 80 | 80—90 | 95 |
| **Пахча çимĕçсем енĕпе** | | | | |
| Акасси | 50 | 80 | 80—90 | 95 |
| Калча кăларса лартасси | 35 | 80 | 70—80 | 95 |
| Ретсен хушшине кăпкалатасси | 70 | 85 | 80—90 | 95 |

21. Колхозсемпе совхозсенче çĕрулми тата пахча çимĕç культурисем туса илмелли тĕп ĕçсене комплекслă механизацилеме кирлĕ машинăсемпе оборудованисен перечение çирĕплетес.

22. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви ялхуçалăхне пуянлатма кирлĕ çак машинăсемпе хатĕрсене, çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илме тата пухса кĕртме кирлĕ, тĕрĕслесе пăхнă çак машинăсемпе хатĕрсене туса кăларасси çинчен тăратнă сĕнĕве йышăнас:

Çĕрулмине тăваткал тĕмĕн лартмалли тăватă ретлĕ машина СКГ-4;

тăватă ретлĕ культиватор-окучник КОН-2,8П—минераллă удобренисем сапмалли хатĕрпе пĕрле;

ХТЗ-7 тракторпа ĕçлемелли культиватор-растениепитатель КРН-2,8;

çĕрулми пухса кĕртмелли ККР-2 комбайн;

пахча çимĕç аврисене татмалли икĕ ретлĕ АВН-2 аппарат;

ХТЗ-7 тракторпа ĕçлесе пахча çимĕç вăрри акмалли СОН-2,8 машина;

торфпа çĕрĕк тăпри чӳлмекĕнче ӳстернĕ калчасене тăваткал тĕмĕн лартмалли СРН-4 машина;

калча ӳстерме торфпа çĕрĕк тăпри чӳлмекĕсем тумалли ИГ-9 станок;

ХТЗ-7 тракторпа ĕçлесе шăркалантармалли тата сапмалли машина ОНК;

çумăр саптармалли ДДП-ЗОС установка;

«Универсал-2» тракторпа ĕçлемелли универсальнăй нагрузчик НН-0,3;

ХТЗ-7 тракторпа ĕçлесе тислĕк салатмалли НТ-1 машина;

«Универсал-2» тракторпа ĕçлесе тислĕк салатмалли НТ-2 машина;

тислĕк, торф, минераллă удобренисем тата известь сапмалли ТУР-7 универсальнăй машина;

калчасене органикăллă удобренисемпе минераллă удобренисен шĕвекĕ сапса памалли АНЖ-2 машина;

ЗИС-585 тата ГАЗ-93 автосамосвалсем—пахча çимĕç тата çĕрулми турттарма тунă пысăк кузовпа пĕрле.

23. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви тата Машиностроени министерстви КДП-35 йышши гусеницăллă пропашной трактор туса кăларма сĕннине йышăнас.

24. Машиностроени министерствине 1953 çулта КДП-35 тракторăн конструкциллĕ тата производствăллă çитменлĕхĕсене пĕтерме хушас. 1954 çулхи III-мĕш кварталтан тытăнса КДП-35 тракторсем çине «Беларусь» трактор çинчи гидравлически подъемникпа пĕр пек гидравлически подъемниксем вырнаçтарса лартмалла. КДП-35 тракторсем валли çĕнĕрен хушса кирлĕ пек сарлака гусеницăсен комплекчĕ памалла.

25. Машиностроени министерствине 1954—1955 çулсенче СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви, СССР Совхозсен министерстви, СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерстви валли МТС-семпе совхозсене пама çакăн пек маркăллă тата çакăн чухлĕ пропашной тракторсем туса пама хушас,—ку шута тырпул пухса кĕртмелли машинăсене комплектласа çитересси те кĕрет:

| | 1954 çул | 1955 çул |
|---|---|---|
| «Универсал» | 18 200 | 19 000 |
| КДП-35 | 10 340 | 17 000 |
| ХТЗ-7 | 10 500 | 18 000 |
| «Беларусь» | 10 000 | 15 000 |

26. Оборона промышленность министерствине çапла хушас:

а) хăйĕн завочĕсенче, Машиностроени министерствин чертежĕсем тăрăх, «Беларусь» маркăллă пропашной тракторсем туса кăларас ĕçе организацилемелле; çак тракторсем валли гидроподъемниксем тата запаслă пайсем çителĕклĕ таран туса кăлармалла;

б) 1954 çулта «Беларусь» пропашной тракторсем 5 пин, 1955 çулта—10 пин туса кăлармалла;

в) СССР Госпланĕпе пĕрле СССР Министрĕсен Советне пĕр уйăх хушшинче «Беларусь» тракторсем туса кăларас ĕçе организацилес тĕлĕшпе туса ирттермелли ĕçсем тата 1953 çулта çĕнĕрен хушса укçа-тенкĕ хывасси çинчен сĕнӳсем тăратмалла.

27. Машиностроени министерствине 1955 çул вĕçленнĕ тĕле кашни çул 61 пин таран «Беларусь», ХТЗ-7, КДП-35, КД-35 тракторсем туса кăлармалла тума хушас.

28. Машиностроени министерствине пропашной тракторсем валли топливной аппаратура туса кăларас шутпа Алтайри трактор заводĕнче çулталăк хушшинче 40 пин комплект таран топливной аппаратура туса кăларма тата ĕçленĕ чухне вĕсем валли кирлĕ запаслă пайсем 200 процент таран туса кăларма цех туса лартма хушас.

29. Çĕрулми тата пахча çимĕç культурисем туса илес тата пухса кĕртес ĕçсене механизацилесси çак Постановленире палăртнă шая çитмелле тăвас шутпа Машиностроени министерствине, Транспортпа йывăр машиностроени министерствине, Оборона промышленность министерствине тата Авиаци промышленность министерствине, Машиностроени министерствин чертежĕсем тăрăх, 1954—1955 çулсенче СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви, СССР Совхозсен министерстви тата СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерстви валли ялхуçалăх машинисем çакăн чухлĕ туса пама хушас:

| (штукпа) | 1954 çул | 1955 çул |
|---|---|---|
| **Машиностроени министерстви** | | |
| Тăваткал тĕмĕн çĕрулми лартмалли СКГ-4 машинăсем | 20 000 | 25 000 |
| Культиватор-окучниксем — апат памалли КОН-2,8П хатĕрпе пĕрле | 12 000 | 18 000 |
| Çĕрулми пухса кĕртмелли КОК-2 комбайнсем | 4 000 | 4 000 |
| Çĕрулми пухса кĕртмелли ККР-2 комбайнсем | 6 000 | 12 000 |
| Пахча çимĕç вăрри акмалли СОН-2,8 сеялкăсем | 6 000 | 6 000 |
| Калча кăларса лартмалли СРН-4 машинăсем | 5 000* | 7 000 |
| Калча кăларса лартмалли СР-6М машинăсем | 2 000 | 2 000 |
| КНР-2,8 йышши культиватор-растениепитательсем | 10 000 | 12 000 |
| ХТЗ-7 тракторпа ĕçлесе шăркалантармалли тата сапмалли ОНК машинăсем | 2 000 | 3 000 |
| Удобрени сапмалли ТР-1 сеялкăсем | 5 000 | 10 000 |
| Автосамосвалсем—пысăклатнă кузовпа пĕрле | 15 000 | 25 000 |
| Тĕштырăпа пахча çимĕç вăрри акмалли сеялкăсем СОД-24 | 3 000 | 5 000 |
| **Оборона промышленность министерстви** | | |
| Çĕрĕк тăприпе торф чӳлмекĕсем хатĕрлекен ИГ-9 станоксем | 2 500 | 3 500 |
| Çумăр саптармалли ДДП-ЗОС установка | 2 000 | 3 000 |
| **Авиаци промышленность министерстви** | | |
| Тислĕк тиекен машинăсем | 2 500 | 5 000 |
| вăл шутран БССР Наука академийĕн ялхуçалăхне механизацилес тĕлĕшпе ĕçлекен институчĕн конструкцийĕ тăрăх туса хатĕрленисем | 1 500 | 2 000 |
| Çĕрулми пухса кĕртмелли ККР-2 комбайнсем | 5 000 | 9 000 |
| **Транспортпа йывăр машиностроени министерстви** | | |
| Тислĕк салатакан машинăсем | 4 000 | 11 000 |

СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин хăйне валли 1954—1955 çулсенче хăйĕн завочĕсенче 10 пин автожижеразбрасыватель туса хатĕрлемелле, вăл шутран 1954 çулта 3 пин, 1955 çулта—7 пин штук тумалла.

30. Машиностроени министерствине, Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх машиностроенин наукăпа тĕпчев институчĕн конструкцийĕ тăрăх. Гомсельмаш заводĕнче купăста пухса кĕртмелли машина конструкцине туса çитерме тата, 1954 çултан пуçласа, ăна туса кăларма, тислĕк, торф, минераллă удобренисем тата известь салатмалли СББ конструкци тăрăх ТУР-7 машина туса кăларма хушас. Купăста пухса кĕртмелли машинăсем 1954—1955 çулсенче 6000, удобренисем салатмалли универсальнăй машинăсем 4000 туса кăлармалла.

Машиностроени министерствипе СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин СССР Министрĕсен Советне икĕ эрне хушшинче çулталăкне 15—20 пин штук таран тракторсем валли хăй тĕллĕн пушатакан прицепсем туса кăларас ĕçе организацилесси çинчен тата пĕр уйăх хушшинче хальхи вăхăтра МТС-сенче ĕçлекен çĕрулми лартмалли 2 ретлĕ машинăсене 4 ретлĕ машинăсемпе улăштармалла тăвасси çинчен сĕнӳсем тăратмалла. Çак машинăсем çĕрулмине тăваткал тĕмĕн лартма юрăхлă пулмалла.

31. Машиностроени министерствине çак ĕçсене тума хушас:

а) çĕрулми тата пахча çимĕç культурисем туса илес ĕçе механизацилеме кирлĕ çĕнĕ машинăсемпе хатĕрсем конструкцилес ĕçе вăйлатмалла. Йывăр тăпраллă çĕрсем çинче ĕçлеме çĕрулми пухса кĕртмелли комбайнсем, çĕрулми сортламалли—тиес тата пушатас ĕçе механизациленĕ машинăсем, пахча çимĕçсен вăррине тăваткал тĕмĕн акмалли сеялкăсем, купăста тата тымар çимĕç пухса кĕртмелли машинăсем, парниксемпе теплицăсенче пахча çимĕç туса илмелли машинăсем, тиемелли тата пушатмалли механизмсем, çумăр саптаракан пысăк тухăçлă установкăсем, органикăлла удобренисемпе апат пама кирлĕ машинăсем хăвăртрах тăвасси çине уйрăмах тимлĕ пăхмалла.

Çĕрулми тата пахча çимĕç культурисем туса илмелли тата пухса кĕртмелли çĕнĕ машинăсем туса хатĕрлес тĕлĕшпе 1953—1954 çулсенче малтанхи черетпе тумалли опытлă-конструкторла ĕçсен планне çирĕплетес;

б) 1954 çулта çĕрулми туса илмелли тата пухса кĕртмелли машинăсем туса кăларакан завод тума тытăнмалла, çак машинăсене çулталăкра 150—200 миллион тенкĕлĕх туса кăлармалла.

Çак завода тăвас ĕçе Белорус ССР Министрĕсен Совечĕн пурнăçламалла.

Машиностроени министерствипе Белорус ССР Министрĕсен Совечĕн СССР Министрĕсен Советне пĕр уйăх хушшинче çак завода тăвас тĕлĕшпе сĕнӳсем тăратмалла.

32. Çĕрулми тата пахча çимĕç культурисем туса илме тата пухса кĕртме çак Постановленире палăртнă машинăсем туса кăлармалли тата машинăсем валли запаслă пайсем, çавăн пекех тракторсем валли прицепсем туса кăлармалли плана пурнăçламалла тăвас шутпа, малалла асăннă министерствăсене çак заводсене Машиностроени министерствине 1953 çулхи июлĕн 1-мĕшĕ тĕлне пулнă баланс тăрăх пама хушас:

Авиаци промышленность министерствин—хурансем тăвакан механически завода;

Çул-йĕр министерствин—Лиепайри тата Сердобăри пăравуссем юсакан заводсене;

СССР Шалти ĕçсен министерствин — 2-мĕш номерлĕ завода;

СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин—Омскри юсав заводне памалла.

Авиаци промышленность министерствине, Çул-йĕр министерствине, СССР Шалти ĕçсен министерствине, СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине асăннă заводсенче 1953 çулхи IV-мĕш кварталта туса кăларма палăртнă промышленность продукцийĕсене çак министерствăсен ытти предприятийĕсенче туса кăлармалла тухма хушас.

33. Машиностроени министерствине çĕрулми пухса кĕртмелли ККР-2 комбайнсем туса кăларас ĕçе Тулари комбайн заводĕнче организацилеме хушас; çак комбайнсене çулталăкра 15 пин штук туса кăлармалла. Заводра тырпул пухса кĕртекен С-4 самоходнăй комбайнсем туса кăларма чарăнмалла.

34. Машиностроени министерствин 1953 çулта СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви тата СССР Совхозсен министерстви валли çак машинăсене туса памалла: КДП-35 тракторсем 1.500, «Универсал» тракторсем—300, ХТЗ-7 тракторсем—800, пахча çимĕç вăрри акмалли СОН-2,8 сеялкăсем 500, пахча çимĕçсен калчине кăларса лартмалли СРН-4 машинăсем—200, тăваткал тĕмĕн çĕрулми лартмалли СКГ-4 машинăсем — 1.500, çĕрулми пухса кĕртмелли КОК-2 комбайнсем—1000, КОН-2 культиватор-окучниксем—500, КРН-2,8 культиватор-растениепитательсем 500 тата ХТЗ-7 трактор валли ОНК йышши шăркалантармалли тата шĕвек сирпĕтмелли хатĕрсем 500.

35. Строительство министерствине çак ĕçсене тума хушас:

а) 1953 çулта Липецк хулинчи трактор завочĕн строительствинче подряд ĕçсене çĕнĕрен хушса 5 миллион тенкĕлĕх тумалла, ун вырăнне 1953 çулта Машиностроени министерствин ытти стройкисенче, çак министерствăпа килĕшнĕ тăрăх, подряд ĕçсене чакармалла;

б) 1953 çулта Харьковри трактор заводĕнче 1953 çул валли палăртнă план шучĕпе 3-мĕш номерлă механосборочнăй корпус тумалли ĕçе пурнăçламалла, çак корпусра 1954 çулхи II-мĕш кварталта монтаж ĕçсене пуçламалла тăвас пулать;

(Малалли 3-мĕш страницăра).

*) вăл шутран 1954 çулхи 1-мĕш кварталта 1.600 штук.

## СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитетĕнче

# 1953—1955 çулсенче колхозсемпе совхозсенче çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илессине ӳстермелли мерăсем тата вĕсене хатĕрлесси çинчен

(Малалли).

в) 1953 çулта Машиностроени министерстви ялхуçалăх машинисем тăвакан завочĕсенче Машиностроени министерстви тăрăх палăртнă подряд ĕçĕсен пĕтĕм планĕ шучĕне çĕнĕрен 5,5 миллион тенкĕлĕх ĕçсем тумалла, вăл шутран: Белинскосельмаш заводĕнче—1 миллион тенкĕлĕх, «Красная звезда» заводра—2 миллион тенкĕлĕх, «Красный Аксай» заводра—1 миллион тенкĕлĕх. Çавăн пекех Рязсельмаш заводĕнче тума пуçланă объектсене тепĕр хут тума тытăнмалла, унта 1953 çулта 1,5 миллион тенкĕлĕх ĕç тумалла.

36. Строительство министерствине, Белорус ССР Министрĕсен Советне тата Машиностроени министерствине 1954—1955 çулсенче çак Постановлени тăрăх тума палăртнă трактор завочĕсенчи объектсене туса пĕтерсе ĕçе кĕртмелле тума хушас.

37. Оборона промышленность министерствине, Транспортпа йывăр машиностроени министерствине, Электростанцисемпе электропромышленность министерствине тата СССР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерствине 1953 çулта Машиностроени министерствине трактор завочĕсемпе ялхуçалăх машиностроени завочĕсем валли, çак Постановлени тăрăх, çĕнĕрен оборудованипе машинăсем туса пама хушас.

Машиностроени министерствине 1953 çулта хăй туса хатĕрленĕ оборудованипе, çак Постановленипе пăхса хунă чухлĕ, трактор завочĕсенче тата ялхуçалăх машиностроени завочĕсенче усă курма ирĕк парас.

38. СССР Госпланне тата Машиностроени министерствине 1954—1955 çулсенчи плансенче халĕ ĕçлесе тăракан трактор завочĕсене туса пĕтерме капитальнăй ĕçсем валли 750 миллион тенкĕ, вăл шутран 1954 çулта 350 миллион тенкĕ укçа уйăрса пама палăртса хума хушас.

39. Тулашри суту-илӳ министерствине 1954 çулта Машиностроени министерстви валли кузнечнопрессовăй, лаборатори оборудованийĕ тата ытти оборудовани туянма урăх çĕршывсене заказсем пама хушас.

40. Транспортпа йывăр машиностроени министерствине, Оборона промышленность министерствине, Электростанцисемпе электропромышленность министерствине тата Строительство министерствине 1954 çулхи плансенче трактор завочĕсем валли Машиностроени министерствине оборудовани туса пама палăртса хума хушас.

41. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине 1953 çулхи июлĕн 1-мĕшĕ тĕлне пулнă баланс тăрăх Машиностроени министерстви аллине Ивантеевски механически завода пама хушас. Çак завод никĕсĕ çинче пахча çимĕç туса илмелли ĕçсене механизацилемелли машинăсем енĕпе ĕçлекен тата пахча çимĕç культурисем туса илмелли сăнавлă машинăсем туса хатĕрлес енĕпе ĕçлекен Государствăн специальнăй конструкторски бюровне организацилемелле.

42. Металлурги промышленность министерствине, Вăрманпа хут промышленность министерствине тата Хими промышленность министерствине 1953 çулта Машиностроени министерстви валли çак материалсене пама хушас:

а) çĕрулми тата пахча çимĕç культурисем туса илмелли машинăсем туса кăларма вăхăтра хатĕрленсе çитме хура металсем, трубасем, хăмасем тата хут;

б) 1953 çулта çĕнĕрен хушса пропашной тракторсем туса кăлармалла тума, çавăн пекех вĕсене 1954 çулта туса кăларас тĕлĕшпе запас (задел) туса хума тата стандартлă мар оборудовани хатĕрлеме—тимĕр прокат тата материалсем памалла.

43. Тулашри суту-илӳ министерствин тата Машиностроени министерствин икĕ уйăх хушшинче халăх демократи çĕршывĕсен предприятийĕсенче ялхуçалăх машинисем, узелсем тата вĕсем валли кирлĕ детальсем туса хатĕрлеме заказсем парасси çинчен сĕнӳсем хатĕрлесе СССР Министрĕсен Советне тăратмалла.

44. Çак Постановлени тăрăх 1954—1955 çулсенче пропашной тракторсем, çĕрулми тата пахча çимĕç культурисем туса илмелли ялхуçалăх машинисем туса кăларма палăртнă плана пурнăçламалли мероприятисене çирĕплетес.

## III.

## 1953 çулта пухса кĕртнĕ çĕрулмипе пахча çимĕçсене хатĕрлемелли тата сутăн илмелли государство планĕ çинчен тата çак продуктсен хатĕрлев хакĕсене ӳстересси çинчен

45. 1953 çулта пухса кĕртнĕ çĕрулмипе пахча çимĕçсене хатĕрлемелли тата сутăн илмелли государство планне çакăн чухлĕ çирĕплетес:

а) çĕрулми — колхозсен обязательнăй йĕркепе памалла—2685 пин тонна, МТС ĕçленĕшĕн натуроплата тӳлемелле—534 пин тонна, колхозсем государствăран кивçен илнине таварса памалла—240 пин тонна, совхозсен памалла—166 пин тонна, вăл шутра çӳлте кăтартнă хисепрен 200 пин тонна сортлă çĕрулми памалла, колхозниксен килĕсемпе ытти уйрăм хуçалăхсем обязательнăй йĕркепе памалла—2090 пин тонна, пурĕ 5715 пин тонна, кунсăр пуçне колхозсемпе колхозниксенчен сутăн илмелле—1885 пин тонна, пĕтĕмпе 7600 пин тонна;

б) купăста—579,3 пин тонна, сухан—86,7 пин тонна, хăяр—201,9 пин тонна, кишĕр—130,3 пин тонна, хĕрлĕ кăшман—114,2 пин тонна, помидор—521,7 пин тонна, пахча çимĕç пурĕ 1634,1 пин тонна, кунсăр пуçне колхозсемпе колхозниксенчен сутăн илмелле—668,4 пин тонна, пĕтĕмпе 2302,5 пин тонна.

Колхозсем 1953 çулта государствăран кивçен илнĕ çĕрулмине тата иртнĕ çулсенче кивçен илнĕ, анчах парса татман парăмсене, 1953 çулхи хатĕрлев планне кĕртнĕ парăмсене, малтан пухса кĕнĕ çĕрулминчен парса татмалла тăвас.

46. Республикăсен Министрĕсен Советĕсене, крайисполкомсемпе облисполкомсене çапла тума хушас:

а) çак Постановленипе килĕштерсе çĕрулмипе пахча çимĕçсем хатĕрлемелли тата сутăн илмелли плансем çирĕплетсе, çав плансене вунă кун хушшинче районсемпе хатĕрлев организацийĕсене çитермелле;

б) çĕрулмипе пахча çимĕç хатĕрлес тата сутăн илес ĕçре хатĕрлев организацийĕсене пулăшу памалла, çĕрулмипе пахча çимĕç хатĕрлес тата сутăн илес тĕлĕшпе çак Постановленире кăтартса панă плансене тултармалла;

в) ялă районсемпе колхозсем çумне вырăнти торгсене, ОРС-сене тата государство планĕ тăрăх çĕрулмипе пахча çимĕç илсе тăракан ытти организацисене çирĕплетмелле.

47. Центросоюза енĕпе çĕрулмипе пахча çимĕçсене сутăн илмелли хальхи хаксемпе илмелле, хăярпа помидора сутăн илмелли чи пысăкрах хаксемпе илмелле: çав çимĕçсене, вĕсене хăш районта туса илнине курса, пĕр тонна хăяра 450—1200 тенкĕ парса, пĕр тонна помидора 550—2000 тенкĕ парса илмелле тăвас.

Центросоюзăн СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствипе пĕрле 10 кун хушшинче çĕрулмипе пахча çимĕç сутăн илмелли типовой договора çирĕплетмелле.

Центросоюза çĕрулмипе пахча çимĕçсем сутăн илме колхозсемпе договор тунă чухне сутăн илекен продукци хакĕн 25 процентĕ чухлĕ аванс пама ирĕк парас. Çав авансене тӳлемешкĕн потребительсен кооперацийĕн хатĕрлев организацийĕсене Государство банкĕн кивçен укçа памалла.

48. Çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илессине малалла вăйлатас тата çĕрулмипе пахча çимĕçсем ытларах хатĕрлес, çак ĕçе уйрăмах хула сывăхĕнчи районсенче, спирт, крахмал-патока промышленноçĕн, типĕтекен тата консервăсем тăвакан промышленность зонисенче вăйлатас тесе:

а) 1953 çулта пухса кĕртнинчен пуçласа, государствăна паракан çĕрулмин, вăл шутра çак Постановлени тухиччен панă çĕрулмин, хатĕрлев хакĕсене ӳстерсе, çакăн пек хаксем тăвас:

Мускав, Горький, Брянск, Рязань, Калинин, Смоленск, Киров, Тула, Ярославль, Молотов, Владимир, Иваново, Орел, Калуга, Свердловск, Курск, Воронеж, Кострома, Тамбов, Вологда, Омск, Псков, Кемерово, Ленинград, Пенза, Новгород, Великие Луки, Ульяновск, Новосибирск, Куйбышев, Челябинск, Чкалов, Иркутск, Курган, Тюмень, Саратов, Калининград тата Томск облаçĕсем тăрăх, Тутар АССР, Пушкăрт АССР, Мордва АССР, Чăваш АССР, Удмурт АССР, Мари АССР тăрăх, Алтай тата Красноярск крайĕсем тăрăх, Украина ССР-чи Киев, Чернигов, Сумы, Харьков, Полтава, Каменец-Подольск, Винница, Житомир, Волынь, Ровно, Тернополь, Дрогобыч, Львов, Станиславль, Черновицы облаçĕсем тата Карпат леш енчи область тăрăх, Белорус ССР, Латви ССР, Литва ССР тата Эстони ССР тăрăх кая юлса пулакан пĕр тонна çĕрулмишĕн 100 тенкĕ, ир ӳссе ситĕнекен пĕр тонна çĕрулмишĕн июлĕн 31-мĕшĕччен парсан—250 тенкĕ, августăн 1-мĕшĕнчен пуçласа 15-мĕшне ситиччен парсан—200 тенкĕ тата августăн 16-мĕшĕнчен пуçласа 31-мĕшне ситиччен парсан—125 тенкĕ;

Амур, Архангельск, Сахалин, Чита облаçĕсем тăрăх, Приморье крайĕ тăрăх, Якут АССР, Коми АССР тата Карело-Финн ССР тăрăх кая юлса пулакан пĕр тонна çĕрулмишĕн 160 тенкĕ, ир ӳсса ситĕнекен пĕр тонна çĕрулмишĕн июлĕн 31-мĕшĕччен парсан—250 тенкĕ, августăн 1-мĕшĕнчен пуçласа 15-мĕшне ситиччен парсан—200 тенкĕ тата августăн 16-мĕшĕнчен пуçласа 31-мĕшне ситиччен парсан—175 тенкĕ;

Азербайджан ССР, Грузин ССР, Арман ССР, Туркмен ССР, Узбек ССР, Таджик ССР, Киргиз ССР, Казах ССР, Молдаван ССР тăрăх, Украина ССР-чи Ворошиловград, Днепропетровск, Запорожье, Измаил, Кировоград, Николаев, Одесса, Сталино, Херсон облаçĕсем тăрăх, Астрахань, Грозный, Крым, Ростов, Сталинград облаçĕсем тăрăх, Краснодар тата Ставрополь крайĕсем тăрăх, Бурят-Монгол АССР, Дагестан АССР, Кабардин АССР тата Çурçĕр-Осетин АССР тăрăх кая юлса пулакан пĕр тонна çĕрулмишĕн—125 тенкĕ, ир ӳссе ситĕнекен пĕр тонна çĕрулмишĕн июлĕн 31-мĕшĕччен парсан—250 тенкĕ, августăн 1-мĕшĕнчен пуçласа 15-мĕшне ситиччен парсан — 200 тенкĕ, августăн 16-мĕшĕнчен пуçласа 31-мĕшне ситиччен парсан—150 тенкĕ;

Хабаровск крайĕ тăрăх çĕрулмин хатĕрлев хакĕсене СССР Министрĕсен Совечĕ 1952 çулхи январĕн 10-мĕшĕнче йышăннă 122-мĕш №-лĕ постановленире кăтартса панă пекех хăварас.

Çĕрулми сортлă, шултра тата крахмаллăрах пулнăшăн, çавнашкалах государствăна çĕрулми срокчен парса татнăшăн хатĕрлев хакĕсем çумне хушса тӳлемелли хаксене хальхи пекех хăварас.

б) 1953 çулта пухса кĕртнинчен пуçласа, колхозсем обязательнăй йĕркепе государствăна паракан пахча çимĕçĕн, вăл шутра çак Постановлени тухиччен панă пахча çимĕçĕн, хатĕрлев хакĕсене ӳстерсе, çакăн пек хаксем тăвас:

кая юлса пулакан пĕр тонна пĕрремĕш сорт пахча çимĕçшĕн, çав çимĕçсене туса илекен районсене кура: купăста 100—200 тенкĕ, сухан 350—1000 тенкĕ, хăяр 300—1000 тенкĕ, кишĕр 130 — 300 тенкĕ, хĕрлĕ кăшман 80—200 тенкĕ, помидор 350—1500 тенкĕ.

Ир пулакан пĕр тонна пĕрремĕш сорт пахча çимĕçшĕн хăçан панине тата çав çимĕçсене туса илекен районсене кура: усă вырăнта туса илнĕ ир пулакан купăста 120—625 тенкĕ, ир пулакан хăяр 500—1100 тенкĕ, усă вырăнта туса илнĕ помидор 600—1500 тенкĕ, çеçкинчен тасатнă ир пулакан кишĕр 180—500 тенкĕ, çеçкинчен тасатнă хĕрлĕ кăшман 90—450 тенкĕ.

СССР Министрĕсен Совечĕ йышăннă Постановленире кăтартса панă хуласен сывăхĕнчи районсенчи колхозсем обязательнăй йĕркепе хатĕрлев пункчĕсене паракан ир пулакан тата кая юлса пулакан пахча çимĕçсен хатĕрлев хакĕсем çумне 25—50 процент хушса тӳлемелле тăвас.

СССР Суту-илӳ министерствине, Центросоюза тата СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, СССР Финанс министерствипе килĕшсе, 10 кун хушшинче тăварланă тата йӳçĕтнĕ пахча çимĕç хакĕсене туса хатĕрлеме хушас;

в) совхозсем суту-илӳ организацийĕсемпе хатĕрлев пункчĕсене çĕрулмипе пахча çимĕç панăшăн суту-илӳпе хатĕрлев организацийĕсенчен укçа-тенкĕ илес тĕлĕшпе мĕнпур министерствăсемпе ведомствăсенчи совхозсенче СССР Министрĕсен Совечĕ 1948 çулхи ноябрĕн 2-мĕшĕнче йышăннă 4133-мĕш №-лĕ Постановленипе тата 1952 çулхи июлĕн 7-мĕшĕнче йышăннă 3070-мĕш №-лĕ Постановленипе усă курмалла тăвас;

г) колхозсем магазинсемпе столовăйсене парниксемпе теплицăсенче ӳстернĕ пахча çимĕç, усă вырăнта ӳстернĕ ир пулакан симĕс çимĕçсем тата ир пулакан çĕрулми парсан, çав çимĕçсемшĕн ваккăн сутакан хаксене 25 процент чакарса тӳлемелле тăвас;

д) Центросоюза, СССР Суту-илӳ министерствине, СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, ĕçсынни депутачĕсен хула Совечĕсен исполкомĕсене, Правительство çав хулаçене хула сывăхĕнче зона уйăрса панă пулсан, хула сывăхĕнчи зонăри колхозсенчен обязательнăй йĕркепе государствăна памалли пахча çимĕçе суту-илӳ организацийĕсемпе столовăйсене парас ĕçе организацилеме хушас.

Хула сывăхĕнчи зонăри колхозсем тӳрех суту-илӳ организацийĕсемпе столовăйсене илсе пырса паракан чĕрĕ пахча çимĕçшĕн, сул тăршшĕне шута илмесĕр, ваккăн сутакан хаксене 25 процент чакарса тӳлемелли йĕркене хальхи пекех хăварас.

Тăварланă тата йӳçĕтнĕ пахча çимĕçшĕн те çак йĕркепех тӳлемелле тăвас.

49. СССР Министрĕсен Совечĕ 1947 çулхи июлĕн 28-мĕшĕнче йышăннă 2717-мĕш №-лĕ Постановление тата 1949 çулхи августăн 8-мĕшĕнче йышăннă 3390-мĕш №-лĕ Постановление кăштах улăштарса, ыхра хатĕрлемелли хака пур çĕрте те килограмм пуçне 2 тенкĕ те 50 пус, сутăн илмелли чи пысăкрах хаксене пĕр килограмм суханшăн 1 тенкĕ те 20 пус, пĕр килограмм ыхрашăн—4 тенкĕ тăвас.

50. Колхозсенче çĕрулми туса илес тĕлĕшпе МТС-сем туса панă ĕçсемшĕн, 1953 çултан пуçласа, натуроплата тӳлемелли ставкăсене çирĕплетес.

СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине машина-трактор станцийĕсем çĕрулми туса илес тĕлĕшпе çак Постановленире кăтартнăн ĕçсене туса панăшăн тӳлемелли натуроплата ставкисене çирĕплетме хушас.

51. Колхозсенче купăста, кишĕр, хĕрлĕ кăшман, помидор, сухан тата хăяр туса илес тĕлĕшпе МТС-сем туса панă ĕçсемшĕн натуроплата тӳлемелли ставкăсем тăвас.

Колхозсене 1953 çулта пахча çимĕç культурисем туса илес тĕлĕшпе туса панă ĕçсемшĕн МТС-сене кăтартса панă ставкăсем тăрăх натурăпа е уйрăм ĕçсен хальхи хакĕсем тăрăх укçан тӳлеме ирĕк парас.

52. Центросоюзă çакăн пек тума хушас: колхозниксем тата ытти уйрăм хуçалăхсем обязательнăй йĕркепе паракан çĕрулмине пур çĕрте те, вăл шутра спирт тата крахмалпа патока завочĕсен зонисенче те, ялпо лавккисемпе склачĕсене пĕр чăрмавсăр илсе тăмалла.

53. СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствине, Центросоюза тата СССР Суту-илӳ министерствине çĕрулмипе пахча çимĕçсене хатĕрлемешкĕн, вĕсенчен урăх продукци туса кăлармашкăн тата сыхласа усрамашкăн материаллă-техникăлла базăна юсама тата хатĕрлесе çитерме хушас.

Республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, крайисполкомсемпе облисполкомсене техникăлла базăна пысăклатма кирлĕ вырăнти строительство материалĕсем хатĕрлес тата турттарас ĕçре, çавăн пекех складсене, хранилищесене юсас тата савăт-сапасем туса хатĕрлес ĕçре хатĕрлев организацийĕсене пулăшма хушас.

54. Çакăн пек йĕрке тăвас: обязательнăй йĕркепе тата МТС ĕçленĕшĕн натуроплата шучĕпе памалли пахча çимĕçсемпе çĕрулмине хатĕрлев пункчĕсене илсе çитерме тухакан расходсене, çав пахча çимĕçсемпе çĕрулмине колхозсен транспорчĕпе е ирĕкрен тытнă транспортпа турттарнă пулсан, хатĕрлев организацийĕсем колхозсене е ирĕкрен тытнă транспортăн хуçисене, автомашинăпа турттарнăшăн тӳлемелли пĕрлĕхлĕ тарифăн ставкисем тăрăх, турттарса тухнă пĕтĕм çул тăршшĕшĕн тӳлемелле.

Обязательнăй йĕркепе тата МТС ĕçленĕшĕн натуроплата шучĕпе паракан çĕрулмипе пахча çимĕçсене хатĕрлев пункчĕсене, станцисемпе пристаньсем çумĕнчи пунктсене илсе çитерме тухакан расходсемшĕн хатĕрлев организацийĕсене сапламалли нормăсене çакăн пек çирĕплетес: çĕрулми тĕлĕшпе вăтам шутпа пĕр тоннăшăн 18 тенкĕ, пахча çимĕçсем тĕлĕшпе—19 тенкĕ.

Центросоюза, СССР Суту-илӳ министерствипе тата СССР Финанс министерствипе килĕштерсе, çĕрулмипе пахча çимĕçсене турттарма тухакан расходсемшĕн тӳлемелли дифференциллĕ нормăсене облаçсем, крайсемпе республикăсем тăрăх икĕ эрне хушшинче туса çирĕплетме хушас.

55. Хатĕрлев пункчĕсене çĕрулмипе пахча çимĕçсем турттарас ĕçе хутшăнакан колхозсен автомобилĕсемпе ирĕкрен тытнă автотранспорт валли бензин тата сĕрмелли материалсем парса тăрас ĕçе Центросоюзпа СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствин туса пымалла. Колхозсене бензин тата сĕрмелли материалсем оптово-отпускной хакпа памалла.

СССР Госпланĕн çав тĕллев валли бензин уйăрса парассине палăртмалла.

56. Центросоюз сутăн илмелли чи пысăк хакпа илекен çĕрулмипе пахча çимĕçсене государство организацийĕсене сутмалла. Государство организацийĕсене сутнă чухне вĕсене илме ларнă чăн-чăн хакпа сутмалла, çав хак сутăн илмелли чи пысăк хакран, СССР Министрĕсен Совечĕ 1952 çулхи июлĕн 7-мĕшĕнче йышăннă 3071 номерлĕ Постановленире палăртнă чухлĕ хушнине шута илсен, пысăкрах пулмалла мар.

Ваккăн сутмалли государственнăй хаксем (суту-илӳри скидкăсемпе оптовăй расходсен нормисене кăларсан) тата Центросоюз государство организацийĕсене тăратакан çĕрулмипе пахча çимĕçсен хакĕсем хушшинчи пулакан уйрăмлăха суту-илӳ организацийĕсен çĕрулмипе пахча çимĕçсем сутнинчен хушăнса пулакан усламран бюджета тӳлессине тавĕçлĕ чухлĕ пĕчĕклетнипе витмелле.

57. Колхозсем иртнĕ çулсенче обязательнăй йĕркепе тата МТС ĕçленĕшĕн натуроплата шучĕпе государствăна çĕрулми тата пахча çимĕçсем парса татманнипе 1953 çулхи январĕн 1-мĕшĕ тĕлне пулса тăнă пĕтĕм парăма шыраса илмелле мар тăвас.

Колхозниксен, рабочисен, служащисен тата ытти гражданĕсен хуçалăхĕсем иртнĕ çулсенче государствăна обязательнăй йĕркепе çĕрулми парса татманнипе пулнă мĕнпур парăмсене шыраса илмелле мар тăвас.

58. Хула сывăхĕнчи районсенчи тата спирт, крахмалпа патока, пахча çимĕç типĕтекен тата консерва тăвакан промышленность зонисенчи колхозсен 1953 çулта пухса кĕртнĕ тырпултан тата килес çулсенчи тырпултан обязательнăй йĕркепе тĕштырă памалли нормисене çакăн чухлĕ чакарас: колхозра çĕрулмипе пахча çимĕçсем лартнă лаптăк пурĕ, тырпул акакан мĕнпур лаптăкпа танлаштарсан, 10 процентран ытларах тата 15 процента çитиччен пулсан—25 процент, колхозра çĕрулмипе пахча çимĕçсем лартнă лаптăк пурĕ, тырпул акакан мĕнпур лаптăкпа танлаштарсан, 15 процентран ытларах тата 20 процента çитиччен пулсан—50 процент чакарас. Колхозсен çĕрулмипе пахча çимĕçсем лартнă пĕтĕм лаптăк тырпул акакан мĕнпур лаптăкăн 20 процентĕнчен ытларах пулсан, вĕсене государствăна обязательнăй йĕркепе тĕштырă парассинчен пĕтĕмпех хăтарас.

Колхозсем çак çулшăн государствăна обязательнăй йĕркепе çĕрулми, пахча çимĕç тата МТС ĕçленĕшĕн натуроплата шучĕпе çĕрулмипе пахча çимĕçсем пĕтĕмĕшпех парса татсан тата кивçен илнĕ çĕрулмине таварса парсан çеç вĕсем государствăна тĕштырă парас тĕлĕшпе асăннă çăмăллăхсемпе усă курма пултараççĕ.

Колхозсем çак çулшăн государствăна тырă парса татнă пулсан, çăмăллăхсемпе çитес çул обязательнăй йĕркепе тырă панă чухне усă кураççĕ.

59. Тĕрлĕ вырăнсем валли тунă ваккăн сутмалли пĕрлĕхлĕ хаксемпе, çирĕплетнĕ хака 40 процент чакарса, государство склачĕсенчен колхозсене çак шутпа тырă сутмалла: Мускав, Ленинград хулисем тата Донбасри хуласем сывăхĕнчи районсенчи, çавăн пекех çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илес тĕлĕшпе специализациленĕ ытти районсенчи колхозсене—обязательнăй йĕркепе тата МТС ĕçленĕшĕн натуроплата шучĕпе панă кашни 10 центнер çĕрулмипе пахча çимĕçсемшĕн 1 центнер тырă, Вăтам Азири, Çурçĕр Кавказри, Закавказьери, Хабаровск крайĕпе Крым облаçĕнчи районсенче—кашни 5 центнер çĕрулмипе пахча çимĕçсемшĕн 1 центнер тырă.

Çĕрулмипе пахча çимĕçсем панăшăн колхоза тивекен тырра, колхоз кăмăл тусан, кăçалхи çулшăн обязательнăй йĕркепе тырă тата МТС ĕçленĕшĕн натуроплата памалли шута е, кăçал тырă тата натуроплата парса татнă пулсан, çитес çул тӳлемелли шута кĕртме пултараççĕ.

Çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илес тĕлĕшпе специализациленĕ колхозсене тырă сутмалли лимита çултах 10 миллион пăт таран палăртас.

Республикăсен Министрĕсен Совечĕсен, крайисполкомсемпе облисполкомсен çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илес тĕлĕшпе специализациленĕ колхозсен—государствăна обязательнăй йĕркепе тата МТС ĕçленĕшĕн натуроплата шучĕпе паракан пахча çимĕçсемпе çĕрулмишĕн тырă сутмалли колхозсен—списокĕсене пĕр уйăх хушшинче СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине çирĕплетме тăратмалла.

60. 1953 çултан пуçласа Пенза облаçĕнчи Бессоновка районĕнчи, Горький облаçĕнчи Арзамас районĕнчи, Ярославль облаçĕнчи Ростов районĕнчи, Рязань облаçĕнчи Спасски районĕнчи, Брянск облаçĕнчи Погар районĕнчи, Курск облаçĕнчи Борисовка районĕнчи, Украина ССР-ĕн Ворошиловград облаçĕнчи Марковка районĕнчи, Чернигов облаçĕнчи Комаровка районĕнчи, Харьков облаçĕнчи Балаклея районĕнчи, Днепропетровск облаçĕнчи Павлоград районĕнчи колхозсем тĕлĕшпе, вĕсем государствăна обязательнăй йĕркепе сухан тата контрактаци договорĕсем тăрăх вĕтĕ сухан (лук-севок) тата сухан вăрлăхĕ панăшăн, çакăн пек эквивалентпа вĕсен государствăна обязательнăй йĕркепе тырă тата МТС ĕçленĕшĕн тĕштырăпа натуроплата памалли обязательствисене пурнăçланă шута кĕртмелле:

1 тонна суханшăн—4 центнер тырă,
1 тонна вĕтĕ суханшăн—8 центнер тырă,
1 центнер сухан вăрлăхĕшĕн 10 центнер тырă.

Çакăн пек йĕркепе кăçалхи çулшăн государствăна тырă памалли шута е, кăçалхи çулшăн государствăна тырă парса татнă пулсан, çитес çулта тырă памалли шута кĕртмелле.

61. Хула сывăхĕнчи районсенчи колхозсене тата спирт, крахмалпа патока завочĕсем, пахча çимĕç типĕтекен тата консерва завочĕсем валли чĕртавар тăратакан зонăсенчи колхозсене, государствăна обязательнăй йĕркепе тата МТС ĕçленĕшĕн натуроплата шучĕпе çĕрулмипе пахча çимĕçсем памалли хăйсен обязательствисене пурнăçланă хыççăн хатĕрлев организацийĕсене государство валли чи пысăк хакпа çĕрулми тата пахча çимĕçсем сутаканнисене, çакăн пек йĕркепе грузовой автомобильсем сутмалла тăвас: сутнă кашни 75 тонна çĕрулмишĕн е 30 тонна суханшăн, е 50 тонна ытти пахча çимĕçсемшĕн пĕр автомобиль.

Центросоюза асăннă условисемпе 1953 çулта колхозсене 10 пин грузовой автомобиль сутма ирĕк парас, машинăсене колхозсене 1954 çулхи пĕрремĕш çур çулта тăратмалла.

СССР Госпланĕн 1954 çулхи 1-мĕш кварталта Центросоюза çавăн чухлĕ автомобильсем уйăрса пама палăртмалла.

62. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, СССР Совхозсен министерствине, республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, крайисполкомсемпе облисполкомсене çапла тума хушас: çĕрулмипе пахча çимĕç культурисен вăрлăхне туса илес ĕçри ситменлĕхсене пĕтермелле, 1953 çулта пухса кĕртнĕ çĕрулминчен тата çитес çулсенчи çĕрулминчен те кашни колхозпа совхоз харпăр хăйне кирлĕ чухлĕ лаха çĕрулми вăрлăхĕ хатĕрлетĕр, кашни республика, кашни крайпа область пулса çитекен культурăсем тĕлĕшпе пахча çимĕçсен сортлă вăрлăхĕсен харпăр хăйĕн базине тутăр тесе, кирлĕ мерăсем йышăнмалла.

1953 çултан пуçласа вăрлăх фондне, лартма кирлĕ агротехника нормисене шута илсе, суйласа илнĕ, сортлă çĕрулмине, чи малтан, вăрлăхлăх лартнă участоксенчи çĕрулмине хывмалла тăвас пулать. Вăрлăхлăх лартнă участоксем çинчен туса илнĕ çĕрулми вăрлăх фондне хывма ситмест пулсан, вăрлăх фондне государствăна çĕрулми памалли плана тултариччен, лайăхрах пулнă вырăнсенчен пухса илнĕ çĕрулмине хывмалла. Страховой фонда тата ытти фондсене çĕрулми хывассине государствăна çĕрулми памалли обязательствăна тултарнă тата МТС ĕçлесе панăшăн натуроплата тӳлесе татнă хыççăн туса ирттермелле. Çитес çул лартса хăвармалли плана тултарма кирлĕ чухлĕ çĕрулми вăрлăхĕ хывса хăварма кашни колхозра тата совхозра çĕрулми массăллăн кăларма тытăннă вăхăтран пуçламалла та, пĕр уйăхран кая юлмасăр хывса пĕтермелле.

Республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, крайисполкомсемпе облисполкомсене, СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствипе тата СССР Совхозсен министерствипе килĕштерсе, çĕрулми пухса кĕртме тытăниччен колхозсемпе совхозсене вăрлăхлăх çĕрулми хывса хăварма план кăтартса пама хушас. Çак плана çĕрулми лартмалли агротехника нормисене тата колхозсемпе совхозсене çĕрулми лартма кăтартса панă плана шута илсе тумалла.

63. Çакăн пек тăвас: çĕрулми вăрлăхĕ лартса тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен колхоз государствăна обязательнăй йĕркепе памалли тата МТС ĕçлесе панăшăн натуроплата тӳлемелли шутпа пĕррмĕш категорине кĕрекен çĕрулми панăшăн—колхоз панă 1 тонна çĕрулмине 2 тонна çĕрулми вырăнне, иккĕмĕш категорине кĕрекен çĕрулмине тонна çурă çĕрулми вырăнне шутламалла.

СССР Министрĕсен Совечĕ 1949 çулхи мартăн 24-мĕшĕнче çĕрулми вăрлăхĕ лартса тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен колхозсен государствăна обязательнăй йĕркепе памалли вицене чакарасси çинчен кăларнă 1200-мĕш номерлĕ Постановленин 9 пункчĕ хăйĕн вăйне çухатнă, тесе шутлас.

64. 1953 çулта туса илнĕ тĕп пахча çимĕç культурисен сортлă вăрлăхне хатĕрлемелли плана çакăн чухлĕ çирĕплетес: купăста вăрлăхĕ—550 центнер, хăяр вăрлăхĕ—8 000 центнер, помидор—400 центнер, сухан—8 200 центнер, кишĕр—5 000 центнер, хĕрлĕ кăшман вăрлăхĕ—4 500 центнер.

1953 çулта Владимир, Воронеж, Курск, Рязань, Брянск, Пенза, Горький тата Чернигов облаçĕсенче çак сортлă хăяр вăрлăхĕ: «муромски»—1030 центнер таран, «вязниковски»—710 центнер таран, «неросимăй»—1 080 центнер таран, «нежински»—520 центнер таран хатĕрлемелле.

СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин асăннă пахча çимĕç культурисем хатĕрлемелли плана икĕ эрне хушшинче облаçсене, крайсене, республикăсене çитерсе памалла, çавăн пекех ытти пахча çимĕç культурисен вăрлăхĕсене хатĕрлеме те план тумалла.

## IV.

## Çĕрулмипе тата пахча çимĕçсемпе колхозла суту-илӳ тăвассине сарса пырасси çинчен

65. Хуласемпе промышленность центрĕсенчи халăха çĕрулмипе пахча çимĕçсем парса тăрассине лайăхлатас, колхозсемпе колхозниксен тупăшĕсене ӳстерес тесе, çĕрулмипе тата пахча çимĕçсемпе колхозла суту-илӳ тăвассине анлăн сарса ямалла,—государствăна обязательнăй йĕркепе çĕрулми парса татнă тата вăрлăх фончĕсем хывнă хыççăн юлнă çĕрулмине, колхозсем государствăна пахча çимĕçсем памалли уйăхри плана тултарнă хыççăн юлнă пахча çимĕçсене, пĕтĕм район çĕрулми тата пахча çимĕçсем хатĕрлемелли плана тултарнине пăхмасăр, пасарсенче сутма е потребительсен кооперацийĕн организацийĕсене комисси йĕркипе пама колхозсене ирĕк парас.

66. Республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, крайисполкомсене тата облисполкомсене колхозсене ытлашши çĕрулмипе пахча çимĕçсене сутас ĕçре пулăшма, вăхăтлăха усă курма колхозсене колхоз пасарĕсенче, станцисемпе пристаньсем патĕнче палаткăсем, магазинсем, çавăн пекех тата çĕрулмипе пахча çимĕçсене вăхăтлăха усрама складсем уйăрса пама хушас.

67. Центросоюза колхоз пасарĕсенче сутма колхозсенчен çĕрулмипе пахча çимĕçсем комиссие илме хушас, комиссие илессине колхозсемпе килĕшсе тумалла тата колхозсен комиссие илнĕшĕн потребительсен кооперацийĕн организацийĕсене укçа тӳлемелле.

(Юлашки 4-мĕш страницăра).

***СССР Министрĕсен Совечĕпе***

***КПСС Центральнăй Комитетĕнче***

## 1953—1955 çулсенче колхозсемпе совхозсенче çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илессине ÿстермелли мерăсем тата вĕсене хатĕрлесси çинчен

(Юлашки).

Комиссие панăшăн СССР Министрĕсен Совечĕ 1952 çулхи июлĕн 7-мĕшĕнче йышăннă 3071-мĕш №-лĕ Постановленипе кăтартнă чухлĕ илмелле,—ку Постановленипе потребительсен кооперацийĕн хатĕрлев организацийĕсем сутăн илмелли хаксемпе илсе хатĕрленĕ продукцие государство организацийĕсене сутнă чухне продуктсем хатĕрлеме тата администрацине управлени валли тухнă расходсене витме укçа илмелли нормăсем çинчен каланă,— тата комисси укçи илессине СССР Министрĕсен Совечĕ 1952 çулхи июлĕн 7-мĕшĕнче йышăннă 3070-мĕш №-лĕ Постановленипе пысăккăн тата ваккăн суту-илÿ тăвакан организацисен расход нормисем çинчен калани тăрăх туса пымалла.

68. Республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, крайисполкомсене, облисполкомсене, хула Совечĕсен исполкомĕсене тата райисполкомсене потребительсен кооперацине магазинсем, складсем, базăсем уçма тата пахча çимĕçсемпе çĕрулми усрамалли хранилищĕсем тума хуласенче, рабочисен поселокĕсенче тата хуласенчи колхоз пасарĕсенче çуртсем уйăрса пама хушас.

69. Çул-йĕр министерствине, Тинĕс тата юханшыв флочĕн министерствине, СССР Автомобиль транспорчĕпе шоссе çулĕсен министерствине çак ĕçсене тума хушас:

а) колхозсене, совхозсене тата потребительсен кооперацийĕн организацийĕсене çĕрулмипе пахча çимĕçсем турттарма çав грузсене илсе пырсанах плана кĕртмен вагонсемпе баржăсем уйăрса памалла;

б) ир ÿссе çитĕнекен пахча çимĕçсемпе çĕрулмипе тавар турттармалли хăвăртрах çÿрекен поездсем çине йышăнмалла;

в) çĕрулмипе пахча çимĕçсем сутма илсе каякансемпе тунă договорсем тăрăх çав çимĕçсене автомобиль транспорчĕпе чугун çул станцийĕсене тата ваккăн сутакан магазинсене турттарса памалла.

Чугун çулсен ĕç итогĕсене тунă чухне грузсем инçете турттарнине кăтартакан вăтам шута çĕрулмипе пахча çимĕçсем инçете турттарнине кĕртмелле мар.

Колхозсене чугун çул, тинĕс, юханшыв тата автомобиль транспорчĕ тăрăх çĕрулмипе пахча çимĕçсем турттарса панă чухне вĕсем обязательнăй йĕркепе государствăна çĕрулмипе пахча çимĕçсем парса татни çинчен, сентябрĕн 1-мĕшĕ иртнĕ хыççăн вара—вăрлăхлăх çĕрулми хывни çинчен районсенчи ялхуçалăхĕне хатĕрлев организацийĕсем панă справкăсем ыйтмалла, справкăсем пулсан турттарса памалла.

70. СССР Финанс министерствине çак ĕçсене тума хушас:

а) потребительсен кооперацийĕн организацийĕсене ытти хуласенче сутма комиссие илнĕ ялхуçалăх продукчĕсемшĕн колхозсене тÿлеме Госбанкăн продукцин договорта кăтартнă хакĕн 50 процентĕ чухлĕ кивçен укçа памалла;

б) Центросоюз тăратнипе хуласемпе рабочи поселоксенче çĕрулмипе тата пахча çимĕçсемпе суту-илÿ тумалли администрацине управлени аппарачĕн тата складсен аппарачĕн штачĕсене çирĕплетмелле, çавăн пекех тата ялхуçалăх продукчĕсенчен тĕрлĕрен продуктсем туса хатĕрлекен складсен, базăсен, хранилищĕсен тата пунктсен штачĕсене çирĕплетмелле, — ку штатсенче Центросоюза 1953 çул валли çирĕплетсе панă администрацине управлени персоналĕнчен мĕн чухлĕ ытларах пулмаллине кăтартса памалла.

71. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине тата союзлă республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, колхозсемпе тата потребительсен кооперации организацийĕсемпе тунă договорсем тăрăх, Союзсельхозавтотрансăн транспорчĕпе тата союзлă республикăсен автотранспорчĕпе чугун çул станцийĕсене, юханшывсемпе тинĕссен пристанĕсене тата порчĕсене, колхоз пасарĕсене тата потребительсен кооперацийĕн ваккăн сутакан магазинĕсемпе лавккисене çĕрулмипе пахча çимĕçсем турттарса пама хушас.

* * *

Çак Постановленире кăтартнă задачăсене ăнăçлă пурнăçласси, совет тата ялхуçалăх органĕсем, колхозсем, МТС-сем тата совхозсем çĕрулмипе пахча çимĕç ытларах туса илес ĕнĕпе партин ялти организацийĕсен организаторла ĕçне вăйлатасси парти обкомĕсен, крайкомĕсен, союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсен чи кирлĕ задачи пулать, тесе шутлас. Парти организацийĕсен çак Постановление колхозниксене, МТС-семпе совхозсен работникĕсене анлăн ăнлантарса памалла, вĕсем хушшинче çĕрулмипе пахча çимĕç тухăçлăхне ÿстерессишĕн тата çак культурăсен пĕтĕм продукцийĕпе таварлă продукцине ÿстерессишĕн социализмла ăмăрту организацилемелле.

## ООН Генеральнăй Ассамблейин VIII-мĕш сессийĕ

НЬЮ-ЙОРК, сентябрĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Паян ирхине ООН Генеральнăй Ассамблейин ирхине пулса иртнĕ пĕрлехи ларăвĕнче Израиль представителĕ Эбан тухса каланă хыççăн пĕтĕмĕшле дискусси вĕçленнĕ.

### *Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительство делегацийĕ Пхеньяна таврăннă*

ПХЕНЬЯН, сентябрĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительство Делегацийĕ паян Мускавран Пхеньяна таврăннă. Вокзал патĕнчи площадьре митинг пулса иртнĕ. Митинга Пхеньян хулинчи пиншер ĕçсыннисем—рабочисем, служащисем, вĕренекенсем, государство учрежденийĕсенче ĕçлекен работниксем, çывăх ялсенчи хресченсем хутшăннă.

Митингра Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Министрĕсен Кабинечĕн Председателĕ Ким Ир Сен сăмах тухса каланă.

Митингра çавăн пекех Корейăри Пĕрлĕхлĕ Демократиллĕ Отечественнăй Фронтăн Центральнăй Комитечĕн, рабочисен, хресченсен, хĕрарăмсен, литературăпа искусство работникĕсен представителĕсем сăмах тухса каланă.

Митинга пухăннисем КПСС Центральнăй Комитечĕпе Совет Правительстви ячĕпе çыру яма йышăннă.

## Корейăри перемири пирки

ПЕКИН, сентябрĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ ĕнер Кэсонран çапла пĕлтернĕ:

Перемири тĕлĕшпе ĕçлекен çар комиссийĕн паян пулса иртнĕ ларăвĕнче Америка енĕн аслă представителĕ генерал-майор Брайан тыткăнри çар çыннисене репатриаци тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен комитета салатса ярасси çинчен сĕнÿ тăратнă. Вăл çавăн пекех тыткăнри тÿрех репатриаци тумалли çар çыннисем çинчен тăракан ыйтусене малашне перемири тĕлĕшпе ĕçлекен çар комиссийĕнчи икĕ енĕн штаб офицерĕсем татса памалла тăвасси çинчен сĕнÿ панă.

Корейăри перемири çинчен тунă килĕшÿ тăрăх, хăйсен тăван çĕршывне таврăнасшăн пулнă тыткăнри çар çыннисене пурне те перемири çинчен тунă килĕшÿ вăя кĕнĕ хыççăн 60 кун хушшинче тепĕр енне тавăрса памалла. Çак ĕçе вĕçлесе çитернĕ хыççăн, тыткăнри çар çыннисене репатриаци тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен комитета перемири тĕлĕшпе ĕçлекен çар комиссийĕн салатса ямалла.

Корейăпа Китай енĕн аслă представителĕ генерал Ли Сан Чо çапла каланă: Корейăпа Китай енĕ кăна перемири çинчен тунă килĕшĕве çирĕппĕн тытса пынă, вăл тÿрех репатриаци тумалли тыткăнри çар çыннисене пурне те каялла тавăрса панă. Пĕрлешнĕ Нацисен Корейăпа Китай контролĕнче тăнă, тÿрех репатриаци тумалли 12.773 çар çыннине пĕтĕмпех тепĕр енĕн командованийĕ аллине панă тата тÿрех репатриаци тумалла мар тыткăнри 379 çар çыннипе нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăрнă комисси, репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен комисси аллине панă.

Америка енне илес пулсан, тенĕ генерал Ли Сан Чо, перемири тунă хыççăн Корейăпа Китай енне пурĕ те 75.801 çын кăна тавăрса панă. Корейăпа Китай енĕн тыткăнри ытти 98.742 çар çыннине илес пулсан, Америка енĕ Индин хурал çарĕсен аллине пурĕ те 22.602 çар çыннине кăна пани çинчен пĕлтерчĕ. Тыткăнри ытти 76.140 çар çынни пирки нимĕн те пĕлтермест. Перемири çинчен тунă килĕшÿ 63 кун каялла вăя илнине шута илсе, Корейăпа Китай енĕ тыткăнри çар çыннисене репатриаци тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен комитета салатса яма килĕшмест. Анчах та, тенĕ генерал Ли Сан Чо, Корейăпа Китайăн Америка контролĕнче юлнă тыткăнри ытти çар çыннисем пирки нимĕн тăхтаса тăмасăр тĕрĕс ăнлантарса парассишĕн Америка енĕ пĕтĕмпех ответлă пулса тăрать.

## Турцири арестсем

СОФИЯ, сентябрĕн 30-мĕшĕ. (ТАСС). Болгарири телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Турцире тухса тăракан «Миллиет» хаçат Стамбул хулинче сентябрĕн 16-мĕшĕнче строительствăра ĕçлекен рабочисен профсоюзĕн 11 членне, «коммунистла пропаганда» сарнăшăн айăпласа, арестлени çинчен çырать.

# Китай Халăх Республики тăвата çул тултарни

Китай халăхĕ 1953 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнче Китай Халăх Республикине туса хунăранпа тăвата çул тултарнине паллă турĕ.

Китай халăхĕ империалистсен тата феодалсен пусмăрĕнче асапланса пурăннине ĕмĕрлĕхех пĕтернĕ. Халăх революцийĕ çĕнтернипе халăх демократи строĕ туса хунă. Ку вăл аслă çĕршыври нацие никама пăхăнмасăр пурăнма, юхăнни хуçалăха юсама тата хуçалăхпа культура строительствине план тăрăх туса пыма май панă.

Чан Кай-ши çарĕсене аркатса тăкнă тата ют çĕршыв захватчикĕсене çĕршывран хăваласа янă хыççăн, Китайри халăх влаçĕ умне икĕ тĕп задача тухса тăнă: çĕршыва империалистсем тапăнасран сыхламалла тата Китая аталанма чăрмантаракан, ăна чуралантарма пулăшакан феодализма пĕтермелле пулнă.

Рабочи класс ертсе пынипе Китай хресченĕсем помещиксен çĕрĕсене туртса илнĕ. Халăх влаçĕ феодализмăн ĕмĕрхи никĕсĕсене çĕмĕрсе тăкнă, ялта революциллĕ пысăк улшăнусем туса ирттернĕ. Çĕрсĕр тата сахал çĕрлĕ хресченсем помещиксен 47 миллион гектар акмалли çĕрне илнĕ. Ялхуçалăхĕ тĕпрен улшăннă.

Кивĕ Китайра помещиксемпе кулаксем ялти халăхăн вунă пайĕнчен пĕр пайĕ çеç шутланнă, анчах акмалли çĕрĕн тăватă пайĕнчен виçĕ пайĕ вĕсен аллинче пулнă. Чи нумай шутланакан ялти халăха, урăхла каласан çĕршер миллион çынна, çĕрĕн 20—30 процентĕ кăна тивнĕ. Помещик-эксплуататоршăн ĕçлекен Китай хресченĕн шăпи выçлăхпа çуклăх пулнă.

Халăх влаçĕнчен çĕр илнĕ хыççăн, Китай хресченĕсем хăвăрт ура çине тăчĕç. Ĕлĕк чухăнсемпе батраксем пĕтĕм хресченсен 70 процентĕ таран шутланнă пулсан, халĕ вĕсен шучĕ 10—20 процента çити чакнă. Халĕ ялти пĕтĕм халăхăн пилĕк пайĕнчен тăватă пайĕ вăтам хресченсем шутланаççĕ. Китайри хресченсем нумайăшĕ пĕр-пĕрне пулăшакан ушкăнсене пĕрлешеççĕ. Çав ушкăнсем коллективлă ĕçĕн пуçламăш форми пулса тăраççĕ. Пĕр-пĕрне пулăшакан ушкăнсем хресченсене ялхуçалăхне ăнăçлă аталантарса пыма тата кулаксем хĕсĕрленине хирĕç тăма май параççĕ. Халăхăн демократиллĕ государстви çав пĕр-пĕрне пулăшакан ушкăнсене пур майсемпе те пулăшса пырать.

Китайра ялхуçалăхĕ хăвăрт аталанать. Ялхуçалăхĕн пĕтĕм продукцийĕн хакĕ юлашки тăватă çул хушшинче 50 процент ытла ÿснĕ. 1952 çулта тĕштырă, çĕршыва ирĕке кăлариччен чи нумай пухса илнипе танлаштарсан, 109 процент пухса илнĕ, çĕр мамăк—155 процент, сÿс тумалли культурăсем—559 процент, табак—294 процент пухса илнĕ.

Халăх влаçĕ ялхуçалăхне аталантарассишĕн пĕрмаях тăрăшать: хресченсене укçа кивçен парать, удобренисем, ĕç хатĕрĕсем, сортлă вăрлăхсем парса пулăшать. Нумай районсенче типĕ çĕрсене шăварма каналсем чавас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттереççĕ. Шăвармалли система тунă çĕрте 1.700 миллион кубометр таран тăпра кăларнă, çакă вăл Суэцк каналне тунă чухне тăпра чавнинчен 23 хута яхăн ытларах пулать. Халăх правительстви çав ĕçе тума укçа-тенкĕ нумай уйăрса парать. Чылай провинцисенчи халăхсем Хуайхе шывне кĕске вăхăтрах пĕвелеме хастарлă пулăшнă. Унччен çак шыв тулса сарăлнипе Китай халăхне пысăк инкек кÿнĕ пулнă.

Китайра уйрăмах йывăр промышленность ăнăçлă аталанса пырать. Çĕршыври пĕтĕм промышленность продукцийĕнче йывăр промышленность пайĕ 1949 çулта 32,5 процент пулнă пулсан, 1952 çулта вара 43,8 процента çитнĕ. 1952 çулта чугун, хурçă тата хурçă япаласем туса кăларасси 1949 çулхинчен 11 хута яхăн ытларах пулнă. 1952 çул вĕçĕнче чи кирлĕ промышленность продукцийĕсене (чугун, хурçă, хурçă прокачĕ, электроэнерги, нефть, электролитла пăхăр, тасатнă сода, цемент, çĕр мамăкĕнчен тĕртнĕ пир, хут, сахăр) туса кăларасси иртнĕ вăхăтра Китайра чи нумай туса кăларнă шайран та иртсе кайнă. Питĕ кирлĕ продукцисем, сăмахран, рельссем, çĕр кăмрăк кăлармалли оборудовани, универсаллă-фрезернăй тата токарнăй станоксем, генераторсем, трансформаторсем туса кăларма вĕренсе çитнĕ. Ĕлĕк ку япаласене пурне те ытти çĕршывсенчен кÿрсе килнĕ. Китайра пĕрремĕш пăравуссем, тракторсем, автомашинăсем, мотоциклсем туса кăларнă.

Китай халăхĕ пĕрремĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçлама тытăнчĕ. Пилĕк çуллăх планăн тĕп задачи çакăн пек: Китайра йывăр промышленноçа тума пĕтĕм вăй-хала хурса ĕçлемелле тата халăх хуçалăхĕнче социализмла сектора ÿстерсе пыма шанчăклă майсем туса памалла. Пилĕк çуллăх план тăрăх промышленность производствине малалла ÿстерме палăртнă: чи малтанах машинăсем туса кăларассине, хура тата тĕслĕ металлургие, топливăпа энергетика промышленноçне, транспорта тата ялхуçалăх машинисем туса кăларассине хăвăрт аталантарма палăртнă. Пилĕкçуллăхра çĕнĕрен çĕршер предприяти, шахтăсем, рудниксем, чугун çулсем тăваççĕ. Капитальнăй строительстве кăçал, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, 40 процент ытларах пулать. Çурçĕр-Хĕвеланăç Китайра 170 пысăк предприяти тума тытăннă.

Çăмăл промышленность та пысăк хăвăртлăхпа аталанса пырать. Китайри государство пир-авăр промышленноçĕ 1952 çулхи производство планне срокчен тултарнă. Кучухнехи оборудованипе пуянлатса çĕнĕрен тунă ултă пир-авăр тĕртекен предприятие виçĕ çул хушшинче ĕçе янă.

Çĕршывра чугун çулсем тăвасси анлăн сарăлса кайнă. Иртнĕ çулта Чэндупа Чунцин хушшинчи 500 километр ытла тата Тяньшуйпа Ланьчжоу хушшинчи 350 километр ытла çĕнĕ чугун çулсем çинче поездсем çÿреме пуçланă. Ланьчжоупа Синьцзян хушшинчи пысăк чугун çула тума тытăннă, вăл инçетри Синьцзян провинцине çĕршывăн промышленность районĕсемпе çыхăнтарать.

Рабочи класпа хресченсен ĕçри çĕклейĕвне пула Китай халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсенче те пысăк çитĕнÿсем тунă. Коммунистсен партийĕпе профессилле союзсем фабрикăсемпе заводсенче, рудниксемпе шахтăсенче ăмăрту пуçарнă. Çак ăмăрту ĕçре малта пыракан пиншер рабочисем вĕрентсе ÿстерме май панă.

Промышленноçпа ялхуçалăхне юсани, ĕç тухăçлăхĕ ÿсни, куллен кирлĕ таварсен хакне йÿнетни Китай халăхĕн пурнăçне пĕрмаях лайăхлатса пыма май параççĕ. 1952 çулта государство учрежденийĕсемпе предприятийĕсенчи рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçи 1951 çулхинчен 11—36 процент ытларах пулнă. 1952 çулта государство суту-илÿ предприятийĕсен тавар çаврăнăшĕ 1951 çулхинчен 60 процент ытларах пулнă. Халăх демократи строĕ ĕçсĕрлĕхе кĕске вăхăтрах пĕтернĕ.

Халăх влаçĕ нацилле культурăна аталантарассишĕн питĕ тимлĕн тăрăшать. Хуласемпе ялсенче пиншер çĕнĕ шкулсем уçнă. Китайра халĕ 50 миллион ача ытла шкулсенче вĕренет, ку вăл гоминдан режимĕ вăхăтĕнче шкулта вĕреннĕ ачасен хисепĕнчен икĕ хут нумайрах пулать. Халăх демократи государстви хăй умне çĕршывра хут пĕлменлĕхе пĕтĕмпех пĕтерес тĕллев лартнă. Иртнĕ çулта хут пĕлменлĕхе пĕтерме уçнă курссенче 35 миллион çын вĕреннĕ.

Китай çамрăкĕсем аслă шкулсенче пысăк хастарлăхпа вĕренеççĕ. Çĕршывра техника институчĕсем уçаççĕ. Нумаях пулмасть уçнă геологи, авиаци, хими, строительство, сăрт-ту, нефть, хурçă институчĕсем тата ыттисем те специалистсем хатĕрлеме тытăннă та ĕнтĕ.

Китай халăхĕ тунă мĕнпур çитĕнÿсен никĕсĕ—рабочисемпе хресченсен союзĕ. Китай Халăх Республикинче государство влаçĕ рабочисемпе хресченсен союзĕ çине, коммунистсен партийĕ ертсе пыракан демократиллĕ пĕрлĕхлĕ фронта пĕтĕçнĕ халăхăн анлă сийĕсем çине таянса тăрать. Компартинче ултă миллион çын ытла. Профсоюзсем вунă миллион çынна ытла пĕрлештерсе тăраççĕ.

Халĕ Китайра влаçăн вырăнти органĕсен суйлавĕ пырать. Каярахпа вара халăх представителĕсен Пĕтĕм Китайри пухăвне суйлаççĕ. Вăхăтлăха, халăх представителĕсен Пĕтĕм Китайри пухăвне суйличчен, унăн ĕçĕсене Халăхăн политикăлла консультативнăй совечĕ туса пырать.

Халăх представителĕсен Пĕтĕм Китайри пухăвне тата халăх представителĕсен вырăнти пухăвĕсене суйламалли положени чăннипех те демократиллĕ суйлав законĕ пулса тăрать. 18 çул тултарнă пур граждансен те, мĕнле расăпа национальность çынни пулнине, хĕрарăм е арçын пулнине, мĕнле ĕçпе пурăннине, мĕнле социальнăй сийрен тухнине, мĕнле тĕне ĕненнине, мĕн чухлĕ вĕреннине, пурлăх мĕн чухлĕ тытнине, пĕр вырăнта пурăннипе пурăнманнине пăхмасăр, суйлама та, суйланма та право пур. Помещиксем пулнă пысăках мар ушкăнăн, çавăн пекех контрреволюциллĕ элементсен тата суд решенийĕ тăрăх суйлав прависĕр хăварнă çынсен кăна суйлав прави çук. Пур суйлавçăсене те депутата суйлама кандидатсем тăратма анлă правасем панă. Депутатсене демократилле партисемпе обществăлла организацисем пĕрле е уйрăммăн тăратма пултараççĕ. Депутатсем суйлавçăсен ирĕкне пурнăçламаççĕ пулсан, вĕсене каялла чĕнсе илме граждансене право панă.

* * *

Совет халăхĕ Китайра халăх революцийĕ çĕнтернине хĕрÿллĕн саламларĕ. Китай Халăх Республикине пирĕн ССР Союзĕ чи малтан йышăнчĕ тата унпа дипломатиллĕ çыхăнусем туса хучĕ. Çапла вара, США-ри ертсе пыракан ушкăнсен усал ĕмĕтне—çамрăк республикăна пĕччен тăратса хăварма ĕмĕтленнине — путлантарса лартнă.

Туслăх, Союз тата Пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен тунă договор Совет Союзĕпе Китай хушшинчи туслă çыхăнусене тĕреклетес ĕçре çĕнĕ тапхăр пуçарса ячĕ. Ку Договора 1950 çулхи февраль уйăхĕнче тунă. Г. М. Маленковпа В. М. Молотов юлташсем патне 1953 çулхи сентябрĕн 2-мĕшĕнче янă телеграммăра Мао Цзэдунпа Чжоу Энь-лай çапла çырнă: «Китай Халăх Республикине туса хунăранпа тата Китайпа Совет Союзĕ хушшинче туслăх; Союз тата Пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен Договор тунăранпа Китайпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăх тĕрекленчĕ, вăл кашни кун тĕреклено тата аталанса пырать. Çак аслă туслăх вăл халĕ Инçет Хĕвелтухăçĕнчи тата пĕтĕм тĕнчери мирăн çирĕп шанчăкĕ пулса тăчĕ.

Эпир кунта çакна хушса калас килет: Совет Союзĕ Китай халăхне паракан тăванла пулăшу Китай экономикине юсаса вăйлатас тата ăна планлă строительство çулĕпе аталантарас ĕçре паха пулăшу пулса тăрать».

Совет Союзĕ Китай Халăх Республикине çăмăл условисемпе нумай вăхăтлăха кивçен пачĕ тата Чанчунь чугун çулне тÿлевсĕрех пачĕ. Китайпа Совет Союзĕ тунă акционерла обществăсем ăнăçлăн ĕçлеççĕ. Юлашки виçĕ çул хушшинче проект тăрăх тума палăртнă предприятисене лартма пулăшнисĕр пуçне, Совет Союзĕ, Китайăн экономика строительствин пилĕкçуллăх планне пурнăçлама пулăшса, 141 пысăк предприяти лартма тата пысăклатма пулăшу парать. Совет Союзĕ пулăшнипе Китайра металлурги комбиначĕсем, тĕслĕ металсем шăратса кăларакан предприятисем, çĕр кăмрăк шахтисем, машинăсем, автомобильсем, тракторсем тăвакан заводсем, электростанцисем лартаççĕ. Çакă аслă Китая малашне индустриализацилес тĕлĕшпе çирĕп никĕс хатĕрлесе парать.

Совет çыннисем политика, экономика тата культура строительстви енĕпе пухнă питĕ пуян опытпа Китайри ĕççыннисем анлăн усă кураççĕ. Центральнăй халăх правительстви чĕннипе совет специалисчĕсем Китая кайса пулăшу параççĕ.

Америка империалисчĕсем Китай тавра блокада тума хăтланнă. Китай Халăх Республики Совет Союзĕпе тата демократиллĕ лагерьти ытти çĕршывсемпе çыхăну тытса экономика енĕпе пĕр-пĕрне тăванла пулăшни Америка империалисчĕсене хирĕç вăйлăн пырса çапать. Китай хăйĕн индустрине туса хума Совет Союзĕнчен тата туслă ытти çĕршывсенчен кирлĕ таварсем тата промышленность оборудованийĕ илет, çав вăхăтрах хăйĕн ытлашши юлакан чĕртаварне тата ытти продукцие усăллă условисемпе ăсанă çĕршывсене сутать.

Пĕр-пĕрин экономика хăватне тĕреклетме тăрăшса, Совет Союзĕпе Китай хуçалăх тĕлĕшпе анлă çыхăнусем тытаççĕ. Туллашри суту-илÿ енĕпе, наукăпа техника енĕпе пулăшни, халăх хуçалăхне, наукăпа культурăна аталантарас, кадрсем хатĕрлес енĕпе пулăшни, кивçен пани, производство опычĕпе паллашни,—Совет Союзĕпе Китай Халăх Республикин туслăхĕ çак тĕп ĕçсем енĕпе пулса пырать.

Миршĕн, вăрçă чĕртекенсене хирĕç кĕрешес ĕçе мире юратакан Китай халăхĕ активлă хутшăнать. Китай халăхĕ миршĕн çирĕп тăрать, вăл кирек хăш агрессора та отпор пама хатĕр.

США империалисчĕсем Корейăра вăрçă вăрçса, Китай халăхĕн мирлĕ ĕçне чарса лартма хăтланнă. Интервентсен хĕçпăшаллă вăйĕсем, Китай Халăх Республикин правительстви пĕр хут çеç мар асăрхаттарнине пăхмасăр, Китай чиккисем патнелле пыма хăтланнă, унăн мирлĕ хулисемпе ялĕсем çине бомбăсем пăрахнă. Империалистсем Китайăн Тайван утравне тытса илчĕç.

Китай халăхĕн хăйĕн чиккисене сыхламалла тата агрессие отпор памалла пулчĕ. Тăванла Корея халăхне пулăшма Китай халăхĕн мухтавлă добровольцĕсем пычĕç. Америка агрессине хирĕç тăрас тата Корейăна пулăшас тĕлĕшпе пĕтĕм Китай çĕршывĕпе хăватлă юхăм пуçланса кайрĕ.

Чи хăватлă империализмла çĕршыв тата унăн союзникĕсем Корейăра питĕ пысăк поражени тÿсрĕç. Корея халăхне пулăшма пынă Китай халăх добровольцĕсен паттăр ĕçĕсемпе Китай халăхĕ кăна мар, ырă шухăшлă пĕтĕм этемлĕх мухтанать.

Корейăра перемири туни паттăр Корея халăхĕпе Китай халăх добровольцĕсен аслă çĕнтерĕвĕ пулчĕ. Çавăнпа пĕрлех ку вăл—мирпе демократин пĕтĕм лагерĕн пысăк çĕнтерĕвĕ. Перемири туни çакна питĕ уçăмлăн кăтартса пачĕ: халăхсем миршĕн тăни хăватлă вăй, çав вăй умĕнче мир тăшманĕсен чакма тиврĕ.

Халăхсем Китай Халăх Республикин представителĕсене Пĕрлешнĕ Нацисен организацийĕнче вырăн памалла тăвасшăн. Пĕтĕм тĕнчери пурнăç çакна кăтартса пачĕ: ООН-ра Китай çукки Китай халăхĕн законлă прависене пăсни кăна мар, çавăнпа пĕрлех Пĕрлешнĕ Нацисен организацийĕн принципĕсене пăсни те пулать. ООН тытăмĕн принципĕсене пăхăнса тăнă чухне кăна ку организаци ăнăçлă ĕçлеме пултарать. Совет Союзĕ 500 миллионлă Китай халăхне ООН-ра законлă вырăн памалли çинчен пĕр хут мар сĕнÿ тăратнă. Çапах та Чан Кай-шине пулăшакан Пĕрлешÿллĕ Штатсем çав сĕнĕве йышăнассине пур майсемпе те чарса тăраççĕ. Çакă вăл США-ри ертсе пыракан ушкăнсен агрессилле шухăшĕсем çинчен, пĕтĕм тĕнчешĕн паллă вырăн йышăнакан Инçет Хĕвелтухăçĕнчи тавлашуллă ыйтусене мирлĕ майпа татса пама килĕшменни çинчен тепĕр хут калать.

Китай халăхĕ, çĕнĕ пурнăç тăвас ĕçре, вăрçă чĕртекенсене хирĕç кĕрешес ĕçре чаплă çитĕнÿсем туса, Совет Союзĕ ертсе пыракан мирпе демократин аслă лагерĕн вăйĕсене тĕреклетет. Çак тачă пĕтĕçнĕ лагерь этемлĕхĕн виçĕ пайĕнчен пĕр пайне пĕрлештерсе тăрать, пĕтĕм тĕнчери мире сыхласа хăварса çирĕплетес ĕçре хăватлă фактор пулса тăрать.

Л. ТОЛКУНОВ.

## Е. М. ПЕТРОВА

Вилĕм çирĕп хуйăсĕртен эпир юратнă учительницăна, халăха вĕрентес ĕçе хăйĕн пĕтĕм вăйне пултаруллăхне панă Елена Матвеевна Петровăна вăхăтсăр илсе кайрĕ.

Елена Матвеевна Петрова 1890 çулта Красноармейски районĕнчи Дворяки ялĕнче çуралнă.

1909 çулта вăл Етĕрне хулинчи хĕрачасен прогимназине вĕренме кĕнĕ. Чирленĕ пирки унтан вĕренсе тухмасăрах пăрахнă. 1913 çулта вăл Хусана кайса, екстерн йĕрĕкпе экзамен тытнă. Ăна учитель ятне панă.

1913 çултан пуçласа вăçалих шкуль уйăхĕччен — 40 çул хушши — Елена Матвеевна Петрова çамрăк ăрăва воспитани парас тĕлĕшпе ĕçлерĕ. Вăл çак ĕçе пĕтĕм чунтан юратса туса пычĕ.

1937 çултанпа Е. М. Петрова Красноармейскинчи вăтам шкулта ĕçлерĕ. Ачасене юратса вĕрентсе пычĕ. Хăйĕн нумай çул хушши пухнă паха опытне çамрăк учительсене пама тăрăшрĕ.

Елена Матвеевнăн пархатарлă ĕçне Тăван çĕршыв пысăка хурса хакларĕ. Правительство ăна Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнче ырă кăмăлпа ĕçленĕшĕн «1941—1945 çулсенче Аслă Отечественнăй вăрçăра Германие çĕнтернĕшĕн» медальпе наградăларĕ.

1950 çулта Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕ Чăваш АССР шкулĕсен тава тивĕçлĕ учительници ятне пачĕ. СССР Верховнăй Совет Президиумĕ чи пысăк наградăпа—Ленин орденĕпе наградăларĕ.

Елена Матвеевна Петровăн пархатарлă ĕçне, унăн çутă сăнарне эпир яланах асра тытăпăр.

**Красноармейски районĕнчи Çутĕç пайĕ, профсоюз райместкомĕ, вăтам шкул дирекцийĕ тата учительсемпе вĕренекенсен коллективĕ.**

## Заводри рационализаторсем

КАНАШ. Вагонсем юсакан заводра рационализаторсем ĕç тухăçлăхне ÿстерес, материалсене перекетлес тĕлĕшпе паха сĕнÿсем нумай параççĕ. Кăçал пĕтĕмпе 67 çын 107 сĕнÿ панă. Вĕсенчен нумайăшĕпе производствăра усă кураççĕ, çавна май завод чылай укçа перекетлет.

Вагон кустăрмисем юсакан цехра ĕçлекен Ф. Тихонов юлташ нумай пулмасть паха сĕнÿ панă. Ку сĕнÿ кашни подшипник пуçне 112 грамм баббит перекетлеме май парать. Тихонов юлташ сĕнĕвĕ çулталăкне 22.220 тенкĕ укçа перекетлеме пулăшать. Пултаруллă рационализатора 900 тенкĕ укçа парса премиленĕ.

И. ЖУРАВЛЕВ.

## Вырăс драма театрĕн гастролĕ

Çак кунсенче республикăри вырăс драма театрĕн коллективĕ Улатăра гастроле каять. Унта вăл вунă кун пулать, Улатăр çыннисене А. Симуковăн «Девицы-красавицы», Ян Райнисăн «Вей, ветерок!», Я. Апушкинăн «Богатырский сказ», О. Бальзакăн «Мачеха» тата ытти пьесăсене те кăтартать.

Пĕр вăхăтрах театр çак пьесăсене Улатăр районĕнчи колхозсенче, Йĕпреç, Пăрачкав районĕсен центрĕсенче тата Мордва АССР-ĕнчи Ардатов хулинче кăтартать.

Н. ЭЛЛЕ.

*Футбол*

## Чапаевски поселок команди—республика чемпионĕ

Футбол вăййипе республикăра мала тухассишĕн пыракан ăмăртăвăн юлашки вăййисенчен пĕри çак кунсенче Сĕмĕрлере пулса иртнĕ. Вырăнти «Красная звезда» спорт обществин команди Чапаевски поселок командипе тĕл пулса вылянă. Вăйă 5 : 1 шутпа Чапаевски поселок спортсменĕсем çĕнтернипе вĕçленнĕ.

Чапаевски поселокри футбол команди, ăмăртура 22 очко пухса, кăçал та республика чемпионĕ ятне илме тивĕçлĕ пулчĕ.

Сĕмĕрлери «Красная звезда» спорт обществин команди — иккĕмĕш вырăн, «Урожай» спорт обществин команди — виççĕмĕш вырăн йышăннă.

## ПĔЛТЕРНИ

Октябрĕн 2-мĕшĕнче, 19 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотека çуртĕнче марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсем валли «Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ 50 çул тултарни» темăпа лекци пулать.

Лекцие Е. Е. Варламов юлташ вулать.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

### ХИСЕПЛĔ РЕДАКТОР!

Сала больници 50 çул тултарнă ятпа салам янă учрежденисемпе организацисене тата уйрăм çынсене Сирĕн хаçат урлă тав тума ирĕк парăр.

КУСЛАВККА РАЙОНĔНЧИ САЛА БОЛЬНИЦИН АДМИНИСТРАЦИЙĔ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

### КИНО

«УДАРНИК» — октябрĕн 2-мĕшĕнчен пуçласа илемлĕ çĕнĕ фильм «Над Неманом рассвет». Сеанссем пуçланаççĕ 14 сехет те 15 минутра, 16 с. 15 м., 18 с. 15 м., 20 с. 15 м., 22 с. 15 м.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01485

Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР.

Тираж 20.000 экз.